ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Август
21
ЭРНЕКУН
№ 163 (9072)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

## Паянхи номерте:

Республикăри пур колхозсенче те кĕрхи тырăсене агротехникăлла лайăх срокра—августăн 25-мĕшĕччен акса пĕтермелле (1 стр.).

Тăван çĕршывра (1 стр.).

ПРАВИТЕЛЬСТВО ПЕЛТЕРНИ. Совет Союзĕнче водородлă бомбăна сăнаса пăхни çинчен (2 стр.).

А. В. Кугушева.—Сесси решенийĕсем совет çынни-сене ĕçре хавхалантараççĕ (2 стр.).

ПАРТИ ПУРНАÇĔ: Н. Никитин.—Партилле-организацилле ĕçе лайăхлатассишĕн; Н. Цветков.—Ĕçри çитменлĕхсене тупса палăртаççĕ (2 стр.).

ВИÇĔ РЕСПУБЛИКА АМАРТАВĔ. Мари республикинчи колхозсемпе МТС-сенчен килнĕ çырусем. В. Демченков.—Участокри агроном; А. Кашников, С. Егоров. — Ухтомский ячĕпе тăракан колхозра; А. Чернов.—Çитĕнӳ хыççăн çитĕнӳ; К. Ефимов. — Пысăк тухăçлă тырпулшăн (3 стр.).

ООН Генеральнăй Ассамблейин 7-мĕш сессийĕнче (4 стр.).

Францире забастовка малалла пырать (4 стр.).

Иранри лару-тăру (4 стр.).

## Коллективлă ертсе пырасси çинчен

Коммунистсен партийĕ совет обществине çул кăтартса, ертсе пыракан вăй, ĕççыннисен малта пыракан ăнлануллă отрячĕ пулса тăрать, вăл общество аталанăвĕпе политикăлла кĕрешӳ законĕсене пĕлсе ĕçлет.

Партин ертсе пырас ĕçри принципĕсемпе парти пурнăçĕн нормисене, аслă Ленин туса хатĕрленĕ принципсемпе нормăсене, пирĕн парти яланах çирĕп пурнăça кĕртсе пырать. Çав принципсене КПСС Уставне—парти пурнăçĕн тĕп законне çырса хунă. Парти Уставĕ çапла тума хушать: демократилле централизм никĕсĕсене çирĕп тытса пымалла, партин шалти демократине вăйлатмалла, парти членĕсен активлăхне ӳстермелле, парти пурнăçĕнчи пăлă ыйтусене коллективлă сӳтсе явмалла.

Парти çапла вĕрентет: коллективлă политикăлла опыт кăна, марксистла-ленинла наука вĕрентнĕ тăрăх ĕçлесе пыракан коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн коллективлă ăсĕ кăна парти енчен çĕршыва тĕрĕс ертсе пыма, хамăр çĕршывра ăнăçлăн коммунизм тума май парать.

Коллективлă ертсе пырас принципа çирĕп тытса пырсан кăна парти организацийĕсем йĕркеллĕ ĕçлеме пултараççĕ. Коллективлă ертсе пыни йышăнакан решенисене ăнсăртран йăнăшсем кĕрсе каясран тата çав решенисем пĕр енлĕ кăна пуласран сыхланма май парать, мĕншĕн тесен пĕччен йышăнакан решенисем яланах пĕр енлĕ пулаççĕ, критикăпа самокритикăна вăйланма памаççĕ. Ку ĕнтĕ пысăк йăнăшсем патне, парти политикине пăсасси патне илсе пыма, çапла вара партипе государство интересĕсене пысăк сиен кӳме пултарать. Партире, аялтан пуçласа çӳле çитиччен, мĕнпур ыйтусене коллективлă сӳтсе явса татса пани ĕçри çитменлĕхсене тата парти политикине пăснисене çийĕнчех палăртса вăхăтра пĕтерме, партипе халăх тăшманĕсен киревсĕр ĕçĕсене вăхăтра тăрă шыв çине кăларма май парать. Коллективлă ертсе пыни кадрсене пăхса ӳстерме, пирĕн партири çĕнĕрен çĕнĕ творчествăлла вăйсене ертсе пырас ĕçе лартма пулăшать.

Коллективлă ертсе пырас тесен тĕп ыйтусене сӳтсе явма ертсе пыракан органăн мĕнпур членĕсене хутшăнтарас пулать. Руководительсем тем пек пысăк опытлă пулсан та, вĕсем коллектив опычĕпе тата пĕлĕвĕпе танлашма пултараймаççĕ. Ертсе пыракан кирек хăш органта та пысăк опытлă çынсем пур. Вĕсен опычĕпе усă курни тĕрĕс решенисем йышăнма, ĕçе лайăх ертсе пыма пулăшать.

Парти пурнăçĕн ыйтăвĕсене сӳтсе явма коммунистсене анлăн хутшăнтарас тесен, вĕсене парти Уставĕ панă правăсемпе усă курма май парас тесен, парти комитечĕсен пленумĕсене, парти активĕн пухăвĕсене, парти пухăвĕсене вăхăтра ирттермелле. Пухусенче, пленумсенче, конференцисенче руководительсен отчечĕсене итлесе, вĕсен çитменлĕхĕсене критиклесе, юлашкинчен, пĕр-пĕр работнике ертсе пыракан органа суйласа е суйламасăр хăварса, коммунистсем хăйсен руководителĕсене тĕрĕслеççĕ. Ку вăл парти членĕсен активлăхне, парти органĕсен парти массисем умĕнчи ответлăхне ӳстерет, парти организацийĕсен ĕçри пултаруллăхне вăйлатать.

Парти комитечĕсен пленумĕсем парти конференцийĕсем хушшинчи вăхăтра ертсе пыракан аслă орган пулса тăраççĕ. Вĕсем парти организацийĕсем умĕнче тăракан тĕп ыйтусене пурне те сӳтсе явса татса параççĕ, бюрона кирлĕ кăтартусем параççĕ, çĕнĕ задачăсем тăратаççĕ, парти решенийĕсене пурнăça кĕртнипе тĕрĕслеççĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕ партин районти тата хулари комитечĕсен пленумĕсене тăтăшах—уйăхра пĕр хут ирттермелле турĕ.

Практика çакна кăтартса парать: пленумсене Устав хушнă вăхăтра ирттерни парти организацийĕ умĕнче тăракан залачăсене татса парас тĕлĕшпе парти комитечĕсен членĕсен ролĕпе активлăхне ӳстерчĕ, партин шалти демократине малалла аталантарма, самокритикăпа аялтан килекен критикăна вăйлатма май пачĕ.

Анчах пирĕн республикăра парти комитечĕсен çакăн пек руководителĕсем те пур-ха: вĕсем пленумсем, парти активĕн пухăвĕсем ирттермесĕрех ĕçлеме пулать, пленумсемпе пухусене вăхăтра ирттермесен те юрать тесе шутлаççĕ. Сăмахран, КПСС Элĕк райкомĕн секретарĕ Федоров юлташ çапла шутлать. Кунта 1953 çулхи малтанхи çур çулта райком пленумĕсене улттă хут ирттерес вырăнне тăватă хут кăна ирттернĕ. Парти Первомайски райкомĕн секретарĕ Кураков юлташ та çаплах шутлать пулас. Кунта та çак вăхăт хушшинче пилĕк пленум çеç ирттернĕ.

Чылай çĕрте пленумсемпе парти активĕн пухăвĕсене ирттерме лайăх хатĕрленмеççĕ, çавна пула вĕсем идея тĕлĕшĕнчен çӳлти пусăмра тăмаççĕ, вĕсенче критикăпа самокритика сарăлса пымасть. Хăшпĕр чухне пленумсемпе актив пухăвĕсенче парти руководителĕсем тăвакан докладсем самокритикăсăр пулаççĕ, ĕçри çитменлĕхсене, районти ертсе пыракан работниксен йăнăшĕсене кăтартса памаççĕ. Çавна пула пленумсемпе актив пухăвĕсене пынă юлташсем ыйтăва сӳтсе явнă çĕре хутшăнмаççĕ.

Хăш чухне парти комитечĕсен пленумĕсене парти, совет тата хуçалăх работникĕсене—парти комитечĕн членĕ пулса тăман çынсене ытла нумай чĕнеççĕ. Çавна пула парти комитечĕн членĕсен активлăхĕ чакать, пленум вара бюро сумĕнчи ахаль канашлу пек çеç пулса тăрать.

КПСС Уставĕ тăрăх, пленумсем хушшинчи вăхăтра пĕтĕм ĕçе парти комитечĕн бюровĕ ертсе пырать. Бюро членĕсен ролĕпе ответлăхне куллен ӳстерсе пырас пулать. Парти массисем умĕнче пысăк ответлăха туйса тăни работнике парти интересĕсене шута илсе ĕçлеме, парти позицийĕсем çинче çирĕп тăма, çитменлĕхсене кирек ăçта та, кирек хăçан та хăюллă критиклеме пулăшать.

Калас пулать, парти райкомĕсен бюро членĕсем çак ответлăха туйса тăманни çинчен калакан фактсем те пур. Бюро ларăвĕсенче сӳтсе явакан ыйтусене татса пама хăшпĕр юлташсем активлă хутшăнмаççĕ. Ун пек чухне, паллах, ыйтăва коллективлă сӳтсе явса татса пама май çук. Практика çакна кăтартса парать: ыйтусене коллективлă сӳтсе явман çĕрте, критикăпа самокритикăна вăйлатса пыман çĕрте ĕçсем начар пыраççĕ.

Тепĕр чухне тата бюро ларăвĕсенче икĕ-виçĕ член кăна пулать, решенисене малтан лайăх тĕпчесе пĕлмесĕрех, коллективпа пĕрле сӳтсе явмасăр йышăнаççĕ, çапла вара коллективлă ертсе пырас принципа пăсаççĕ.

Коллективлă ертсе пырас принцип çапла тума хушать: парти органĕсен руководителĕсем парти комитечĕсен членĕсемпе, парти активĕпе, коммунистсемпе калаçса пăхма, вĕсен шухăшĕсене пĕлме, вĕсем критиклесе асăрхаттарнине, вĕсен сĕнĕвĕсене шута илме тивĕç.

Партин районти, хулари комитечĕсен пленумсем, парти активĕн пухăвĕсем ирттермелли срокçене çирĕп пурнăçласа пымалла. Пленума хатĕрленес ĕçе комитет членĕсене пурне те хутшăнтармалла, çапла вара йышăнакан решенисем чăннипех коллектив ĕçĕ пулмалла, коллектив шухăшне палăртса тăмалла.

Парти организацийĕсен коллективлă ертсе пырас принципа ĕçре çирĕп тытса пымалла, парти пурнăçĕн ыйтăвĕсене сӳтсе явма пур коммунистсене те хутшăнтармалла. Халĕ пуçламăш парторганизацисенче иртекен отчетпа суйлав пухăвĕсенче çапла туни уйрăмах кирлĕ. Çакă вăя партилле-политикăлла ĕçре, хуçалăхпа культура строительствинче пире çитĕнӳсем тума май парать.

## Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĔ

### Н. Н. Бобров юлташа Чăваш АССР Вырăнти тата топливо промышленность министрĕ пулма уйăрса лартасси çинчен

Николай Николаевич Бобров юлташа Чăваш АССР Вырăнти тата топливо промышленность министрĕ пулма уйăрса лартас.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ З. АНДРЕЕВА.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ А. ИЗМАЙЛОВ.

Шупашкар хули, 1953 çулхи августăн 20-мĕшĕ.

## Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн УКАЗĔ

### П. А. Рунгш юлташа Чăваш АССР Çул-йĕрпе транспорт хуçалăхĕн управлени начальникĕ пулма уйăрса лартасси çинчен

Петр Андреевич Рунгш юлташа Чăваш АССР Çул-йĕрпе транспорт хуçалăхĕн управлени начальникĕ пулма уйăрса лартас.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ З. АНДРЕЕВА.

Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕн Секретарĕ А. ИЗМАЙЛОВ.

Шупашкар хули, 1953 çулхи августăн 20-мĕшĕ.

## Республикăри пур колхозсенче те кĕрхи тырăсене агротехникăлла лайăх срокра—августăн 25-мĕшĕччен акса пĕтермелле

### Тырă килет

ЕТĔРНЕ. (Хамăр корр.). Колхозсен итемĕсем çинче кунĕн-çĕрĕн молотилкăсем ĕçлеççĕ.

Çак кунсенчех Ленин ячĕпе тăракан, «Большевик», «Родина» колхозсем государствăна тырă памалли плана тултараççĕ. Вĕсен машинисем кунсерен тăват-пилĕк рейс туса 12—15-шер тонна тырă хатĕрлев пунктне илсе пыраççĕ.

Склад умне татти-сыпписĕр машинăсем, лавсем пыраççĕ. Илсе пынă тырра пушатаççĕ те часах каялла, колхоза тырă тиеме васкаççĕ. «Заготзерно»н Етĕрнери пунктне Етĕрне районĕнчи колхозсем кăна мар, Сĕнтĕр, Муркаш, Советски, Хĕрлĕ Чутай районĕсенчи колхозсем те тырă пама килеççĕ. Вĕсене хатĕрлев пунктĕнче ĕçлекенсем ăшшăн кĕтсе илеççĕ. Илсе пынă тырра часах пушаттараççĕ. Кашни складрах транспортерсем лартнă. Вĕсем тырă пушатакансен ĕçне нумай çăмăллатаççĕ.

Хăшпĕр колхозсенчен илсе пынă тырă чĕрĕрех. Кун пек тырра та каялла тавăрса ямаççĕ. Хатĕрлев пунктĕнче сушилка пур. Вăл талăкра 60 тонна тырă типĕтет. Колхозсенчен илсе пынă чĕрĕрех тырра кунта типĕтеççĕ.

Хатĕрлев пункчĕн директорĕн В. Петров юлташăн кабинетĕнчи телефон пĕрмаях шăнкăртатать. Пĕрисем хăйсем ăсатнă тырă пахалăхне пĕлесшĕн. Теприсем пулăшу ыйтаççĕ. Вăл кашнинех ответ парать.

Мичурин ячĕпе тăракан колхозран телефонпа акă мĕн пĕлтерчĕç. Колхозра комбайн ĕçлет. Çапнă тырă нумай. Анчах пĕр машинăпа турттарса ĕлкĕрме çук. Татах тепĕр машина кирлĕ.

— Юрать, тепĕр сехетрен машина сирĕн итем çинче пулать, — тет директор.

Хатĕрлев пунктне машинăсем çирĕплетсе панă. Вĕсем тырă турттарма ĕлкĕреймен колхозсене пулăшаççĕ. Мичурин ячĕпе тăракан колхоза телефонпа пĕлтернĕ хыççăнах машина тухса кайрĕ. Çак кун Мичурин ячĕпе тăракан колхоз хатĕрлев пунктне 13 тонна тырă леçсе пачĕ. Ытти колхозсене те пулăшать хатĕрлев пункчĕ.

Каçхине хатĕрлев пункчĕн директорĕ колхозсем мĕн чухлĕ тырă панине кăтартакан сводкăна илчĕ. Государствăна тырă парасси кунсеренех ӳссе пырать.

### Кĕрхи тырăсене вăхăтра акмалла

ВĂРНАР. Районти малта пыракан колхозсенче кĕрхи тырăсене вăхăтра акса хăварассишĕн тимлĕ тăрăшаççĕ.

Киров ячĕпе тăракан колхозăн 312 гектар ыраш, 80 гектар кĕрхи тулă акмалла. Çитес çулта вăйлă тырпул туса илес тесе, артель членĕсемпе МТС механизаторĕсем чылай тăрăшнă. Çĕртме сухине пĕтĕмпех тракторсемпе 28—80 сантиметр тарăнăш сухаланă. Унта тислĕк çителĕклĕ тăкнă. Çуллахи вăхăтра çĕртме пуссине икĕ хутчен культиваци тунă, ăна çăвĕпех таса тытса тăнă. Колхоз кĕрхи тырăсем акма иртнĕ çулсенчи пекех августăн 10-мĕшĕнче тытăнчĕ. Кĕрхи тулă акса пĕтернĕ, ыраш акса пĕтереççĕ. Тырăсене пĕтĕмпех трактор сеялкисемпе акаççĕ.

Кĕрхи тырăсем акасси Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхозра, Ленин ячĕпе, Чапаев ячĕпе тăракан, «Гигант» тата ытти ялхуçалăх артелĕсенче те ăнăçлă пырать.

Анчах районти хăшпĕр колхозсенче кĕрхи тырăсене вăхăтра тата агротехника тĕлĕшĕнчен пысăк пахалăхпа акса хăварма тăрăшмаççĕ. «Большевик», «Победа», Молотов ячĕпе тăракан, «Память Ленина» ялхуçалăх артелĕсем кĕракине августăн 15-мĕшĕнче кăна тытăнчĕç. Апла пулин те, çак колхозсенче кĕрхи тырăсем акассине хăвăртлатма тăрăшмаççĕ. Вăрлăх вăхăтра çапса хатĕрлеменнине пула, кунта трактор сеялкисене час-часах ĕçсĕр лартаççĕ.

Çитес çулхи вăйлă тырпулшăн кĕрешĕве районта вăйлатмалла.

П. ТИХОНОВ.

ÇĔРПӲ. «Глиссер» колхоз членĕсем кĕрхи тырăсене планпа палăртнинчен 3 кун маларах вырса пĕтерчĕç, августăн 7-мĕшĕ тĕлне капана хывса лартрĕç. Халĕ вĕсем августăн 25-мĕшĕ тĕлне çурхи тырăсене пухса кĕртессишĕн, государствăна тырă парса татассишĕн питĕ тăрăшса ĕçлеççĕ. Асăннă ĕçсене туса пынипе пĕрлех, колхоз кĕрхи тырăсене те хăвăрт тата пысăк пахалăхпа акса хăварчĕ.

Районти Чапаев ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕ те кĕракине лайăх ирттерчĕ. Анчах районĕпе илсен колхозсенче кĕрхи тырăсем акасси питĕ вăраххăн пырать. Хăшпĕр колхозсем çак ĕçе халĕ те тытăнман. Сăмахран, «Сталинцы» колхозра августăн 19-мĕшĕ тĕлне кĕрхи тырăсем пĕр гектар та акман.

— Ытти ĕçсем нумайланчĕç, çитменнине МТС тракторĕ çĕмĕрĕлнĕ,—теççĕ колхоз руководителĕсем.

Тракторăн хăшпĕр пайĕсене улăштарса пĕр-икĕ кун иртнĕ. Анчах тĕп сăлтавĕ çакă мар. Колхозăн туртăм вăйĕ çителĕклĕ, кĕракинче унпа усă курмаççĕ. 5 сеялка пур, вĕсем юсавсăр. Çитменнине кунта вăрлăх хатĕрлесе çитермен.

Районти ытти колхозсенче те вăхăтра вăрлăх хатĕрлеменни кĕраки ĕçне чылай чăрмантарать. Шверник ячĕпе тăракан колхозра Г. Васильев юлташ ертсе пыракан трактор бригади ĕçлет. Артель кĕрхи тырăсем акма тухни чылай пулать. Апла пулин те асăннă ĕçе кунта çуррине те пурнăçламан-ха.

— Йĕркеллĕ ĕçлес пулсан,—тет Г. Васильев юлташ,—ку колхозра 4—5 кун хушшинче акса пĕтерме пулать. Çур кун ĕçлесе, çур кун ахаль тăрсан, паллах, ĕç вăрăма тăсăлать. Августăн 15—16-мĕш кунĕсенче темиçе хутчен ик-виçшер сехет вăрлăх кĕтсе лартăм. Илсе пынă вăрлăх шăпах пĕрре çаврăнма çитет. Унтан каллех ахаль ларма тивет.

Кунашкал çитменлĕх Сталин ячĕпе тăракан колхозра та пур. Ленин ячĕпе тăракан, «Коммунизм», «Авангард», «Гвардеец» колхозсенче те кĕрхи тырăсем акассине вăраха тăсса пыраççĕ.

Кĕрхи тырăсене акмалли чи лайăх вăхăт иртсе пырать. Асăннă çитменлĕхсене халех пĕтерме райисполкомăн тата унăн ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕн кирлĕ мерăсем йышăнмалла.

В. АЛЕКСЕЕВ.

СОВЕТСКИ. Районти Ленин ячĕпе тăракан колхозăн кăçал планпа 310 гектар çĕр çине кĕрхи тырăсем—275 гектар ыраш тата 35 гектар тулă акса хăвармалла.

Çак кунсенче колхоз уй-хирĕсенче, тырпула ăнăçлă пухса кĕртнипе пĕр вăхăтрах, кĕрхи тырăсем акас ĕç хĕрӳллĕн пырать. Кĕрхи тырăсем акмалли вырăна 20 пин лав ытла тислĕк кăларнă.

Колхозра пурĕ çичĕ бригада. Вĕсем кĕрхи тырра кĕске срокра тата пысăк пахалăхпа акса хăварассишĕн социализмла ăмăртăва хутшăннă. Çак ăмăртура уйрăмах 4-мĕш бригада (бригадирĕ Н. Арсентьев юлташ) малта пырать. Бригадăри сеяльщиксем куллен ĕç нормине ытлашшипех тултарса пыраççĕ.

КРАСНОАРМЕЙСКИ. «Гигант» колхозра кĕрхи тырăсем акас ĕç ăнăçлă пулса пырать. Çак ĕçре МТС-ри механизаторсем пысăк пулăшу параççĕ. Колхозри сеялкăсемпе те анлăн усă кураççĕ.

Артель кăçал таса та сортлă вăрлăха пĕтĕмпех хĕреслĕ майпа акса хăварать.

Г. ПАВЛОВ.

### Хĕрӳллĕ ĕçре

ЕЛЧĔК. Çĕнĕ Тĕмерти «Новая жизнь» артель членĕсем, СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ йышăннă решенисемпе хавхаланса, ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тăвассишĕн ырми-канми ĕçлеççĕ. Колхозра тăватă уй-хир бригади, вĕсене ĕçре палăрнă опытлă бригадирсем ертсе пыраççĕ.

Ял Совет депутачĕ Иван Козлов юлташ ертсе пыракан 2-мĕш бригадăна илер. Ку бригада ыраша 6 кун хушшинче, пăрçана 3 кун хушшинче пуçтарса пĕтерчĕ, халĕ колхозниксем тулă вырнă çĕрте ĕçлеççĕ.

Алексей Иванов юлташ ертсе пыракан бригада та уй-хир ĕçĕнче пысăк çитĕнӳсем турĕ. Унăн бригади пуринчен ытла выльăх-чĕрлĕх апачĕ хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлет. Бригадăри ĕççыннисем ферма работникĕсемпе пĕрле 200 тонна ытла силос хывреç. Силос тăвас ĕçе А. Иванов юлташ питĕ лайăх йĕркеленĕ. Силослăх культурăсене (хĕвелçаврăнăшне тата ытти те) çулса уйрăм купасем туса пухнă. Çав купасене бригада членĕсем пулăшнипе пысăк урапа çине 5—7 тонна тиесе СТЗ-НАТИ тракторпа ферма патне турттарнă, унтан каллех тепĕр трактор пулăшнипе силос хывнă. Кунсăр пуçне, Иванов юлташ бригади хăйне çирĕплетсе панă 4 гектар çинчен 84 центнер ыраш пуçтарса илнĕ. Кашни гектар çинчен 21-шер центнер ыраш туса илни колхозниксене тырпул пухса кĕртес ĕçре тата тĕплĕнрех ĕçлеме хавхалантарать.

Колхозри ытти бригадăсенче те тăрăшса, иртен пуçласа каçчен хирте ĕçлеççĕ. Колхоза МТС пысăк пулăшу парать. Тырпул пухса кĕртес ĕçре виçĕ комбайн ĕçлет. П. Фроловпа Цыганов комбайнерсем уйрăмах тăрăшса ĕçленине палăртмалла.

«Новая жизнь» колхоз государство умĕнчи пĕрремĕш тивĕçе чыслăн пурнăçласа пырать. Хатĕрлев пунктне тырă леçме 10 лавран транспорт бригади тунă (бригадирĕ Иван Корсаков юлташ). Транспорт бригади тата икĕ автомашинăпа куллен хатĕрлев пунктне тырă леçеççĕ.

Колхозниксем хушшинче агитациллемассăлла ĕçе аван йĕркеленĕ. Н. Алексеев, А. Павлова, А. Галкина, А. Жирнова агитаторсем колхозниксене куллenex хаçат-журналсем вуласа параççĕ. Коммунистсен партийĕ 50 çул тултарни, тĕнчери лару-тăру çинчен, СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн материалĕсем тăрăх тата ытти темăсем тăрăх калаçусем ирттереççĕ.

Н. ФЕДОРОВ.

## ТĂВАН ÇĔРШЫВРА

### Çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕн çĕнĕ стройкисем

СВЕРДЛОВСК, августăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Свердловск хулин кăнтăр енчи пайĕнче çĕнĕ çуртсем ӳссе лараççĕ. Кунта çу комбиначĕ тăваççĕ. Вăл—Свердловск хулинче çăмăл, апат-çимĕç тата вырăнти промышленность енĕпе тăвакан нумай çĕнĕ предприятисенчен пĕри. Кунта кайăк-кĕшĕк фабрики те тăваççĕ, вăл кашни çулталăкра 100 миллион штук çăмарта, чăх ашĕ 250 тонна тата чăх чĕпписем 400 пин парса тăракан пулать.

Хулара çăм пир-авăр тĕртекен комбинат тата кондитерски фабрика тума хатĕрленеççĕ.

Çак пилĕкçуллăх иртиччен Свердловск хулинче халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларма 11 завод, 2 фабрика тата 4 пысăк цех туса пĕтерсе ĕçе яраççĕ.

МОЛОТОВ, августăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Молотов облаçĕнче çу, сыр, тата сĕт продукчĕсем хатĕрлекен предприятисен шучĕ ӳссе пырать. Пермски-Сергински районĕнче çу тата типĕ сĕт туса хатĕрлекен çĕнĕ завод лартнă. Добрянски, Красновишерски тата Чернушински районĕсенче çу завочĕсем тăваççĕ. Верхне-Муллинскинче çу завочĕ туса пĕтереççĕ. Лысьвере сĕт завочĕ тума пуçланă.

Çу тата сыр тăвакан предприятисен коллективĕсем пахă продукци туса кăларассишĕн ăнăçлă кĕрешеççĕ. Халĕ туса кăларакан çу 90 процент таран пĕрремĕш сорт шутланать.

Çу тата сыр тăвакан çĕнĕ предприятисене ĕçе кĕртсен, облаçре çу, сыр тата сĕт продукчĕсем туса кăларасси икĕ хут ӳсет.

### Вĕренӳ çулĕ пуçланас умĕн

РСФСР-ти крайсенче, облаçсенче тата автономиллĕ республикăсенче 1953 — 1954 вĕренӳ çулне хатĕрленес ĕç вăйланса пырать. Лабораторисемпе кабинетсем çĕнĕ приборсемпе нагляднăй пособисем нумай туяннă.

Вырăнти çутĕç пайĕсем, партипе совет организацийĕсем çĕнĕрен шкул çурчĕсем лартас тĕлĕшпе нумай ĕçлеççĕ. Свердловск облаçĕнче 70 ытла шкул çурчĕ, Молотов облаçĕнче 52, Пушкăрт АССР-ĕнче 37, Тула облаçĕнче 27 шкул çурчĕ çĕнĕрен тăваççĕ. Россия Федерацине кĕрекен хуласемпе ялсенче пуçламăш, çичĕ çул вĕренмелли тата вăтам шкулсем валли 827 çурт тăваççĕ. Сентябрĕн 1-мĕшĕнчен ĕçлеме пуçлакан 545 çĕнĕ шкулта 170.400 ача вĕренмелле пулать.

РСФСР çутĕç министерствин издательстви вырăс чĕлхи, литература, истори, физика, хими, биологи, географи тата ытти предметсем тăрăх 130 миллион ытла учебник кăларнă. Вĕренекен ачасем валли 400 миллион ытла тетрадьсем тата 4 миллион дневник хатĕрленĕ.

РСФСР-ти хуласемпе ялсенче 62 пин ытла çамрăк учительсемпе воспитательсем ĕçлеме пуçлаççĕ. Вĕсем кăçал педагогика училищисенчен, педагогикăпа учительски институтсенчен вĕренсе тухнă.

(ТАСС).

### Çĕршыври уй-хирсенче

ОРЕЛ. Облаçри уй-хирсенче хĕрсех кĕрхи тырăсем акаççĕ. Кăçал колхозсем вуншар пин гектар ытларах кĕрхи тырăсем акса хăвараççĕ. Кĕракине пĕтĕмпех машинăсемпе тăваççĕ, сортлă вăрлăхсем акаççĕ. Кĕрхи тырăсем акмалли çĕре лайăх çемçетсе хатĕрленĕ. Хĕреслĕ майпа тата ансăр ретпе акасси анлăн сарăлнă.

Хăватлă техникăпа усă курса, колхозсемпе совхозсем кĕрхи тырăсене агротехника тĕлĕшĕнчен чи лайăх срокра акса хăвараççĕ.

* * *

ДЗАУДЖИКАУ. Моздок тата Крупски районĕсенчи çеçенхирлĕ вырăнсенче колхозсем вăйлă тырпул пуçтарса кĕртеççĕ. Кĕрхи çĕртме ир туса хăварнă участоксем çине акнă çурхи тырăсем, каярах юлса (сентябрьте е октябрьте) кĕрхи çĕртме тунă участоксем çине акнипе танлаштарсан, кашни гектартан 3—5 центнер ытларах тухаççĕ. Вир уйрăмах вăйлă пулнă. Кашни гектар çинчен 20 центнер таран вир тухать. Кĕрхи çĕртмене ир сухаласа хăварнă участоксем çинче уйрăмах вăйлă вир ӳснĕ, унта кашни гектартан 25—30 центнер вир тухать.

Çавна асра тытса, малта пыракан районсенчи механизаторсем кăçал кĕрхи çĕртме сухине иртерех туса хăварма тăрăшаççĕ. Республикăри колхозсенче çак вăхăт тĕлне пĕлтĕрхинчен 15 пин гектар ытларах кĕрхи çĕртме тунă.

* * *

БОБРУЙСК. Бобруйск облаçĕнчи колхозсем кĕрхи тырăсем акаççĕ. Кĕрхи тырăсене таса çĕртме тунă тата люпин ӳстерсе сухаласа пăрахнă çĕрсем çине акса хăвараççĕ. Кăçалхи çул çĕртме пуссинче, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, люпин 18 пин гектар ытларах акса ӳстернĕ. Уя пĕлтĕрхинчен 137 пин тонна ытларах вырăнти удобренисем кăларнă.

Тырпул тухăçлăхне малалла ӳстерес шутпа, облаçри колхозсем кăçал кашни гектар çине 2 центнер вăрлăх кĕртсе акаççĕ, çăмăлрах тăпрасем çинче гектар пуçне 2,2 центнер вăрлăх кĕртеççĕ. (ТАСС).

### Çĕнĕ эмелсем

СССР медицина промышленноçĕ çĕнĕ йышши эмелсем тума тытăннă. Совет врачĕсем дикумарин текен çĕнĕ препаратпа ăнăçлăн усă кураççĕ. Çак эмел юн хытса ларассине чакарать. Вăл уйрăмах тромбоз, тромбофлебит, эмболи, инфаркт миокарда текен чирсенчен сыватнă чухне усăллă.

Колит, дизентери тата ытти вар-хырăм чирĕсенчен сывалас тĕлĕшпе çĕнĕ эмел—фталазол уйрăмах сиплĕ. Вăл хальхи вăхăтра усă куракан дисульфанран та лайăхрах.

Дибазол, тезан текен тата ытти эмелсемпе те анлăн усă кураççĕ. Дибазолпа пуринчен ытла гипертони, стенокарди тата ытти чирсенчен сыватнă чухне, тезанпа—лейкопени чирĕнчен сыватнă чухне усă кураççĕ.

Медицина промышленноçĕ çĕнĕ эмелсем—антибиотиксем нумай кăларать. Вĕсем микробсене пĕтерме пулăшаççĕ.

Бацилярнăй дизентери тата токсически диспепси чирĕнчен сыватнă чухне синтомицинпа усă кураççĕ. Альбомицин пневмони чирне лайăх сыватать, экмолин—грипп вирусĕсене, стрептококсене, стафилококсене тата ытти чирсен вирусĕсене пĕтерет.

Çĕршыври наукăпа тĕпчев институчĕсенче çĕнĕ йышши лайăх эмелсем хатĕрлес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттереççĕ. (ТАСС).

### КĔРХИ ТЫРĂ АКАÇÇĔ

КУЙБЫШЕВ. Облаçри колхозсем кĕрхи тырă акма тытăннă. Тырă акнă çĕрте малта пыракан техникăпа анлăн усă кураççĕ. Колхозсем сортлă, шултра, пĕр пек вăрлăхсем акаççĕ. 220 пин гектар çĕр çине хĕреслĕ майпа пама палăртнă. (ТАСС).

# ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# Суту-илŷ организацийĕсенчи парторганизацисен ĕçне вăйлатмалла

## Партилле-организацилле ĕçе лайăхлатассишĕн

Чăвашпотребсоюзри пуçламăш парторганизацинчи коммунистсем партбюро секретарĕн Благовещенская юлташăн отчетлă докладне активлă сўтсе явнă.

Пуху парторганизаци идеологилле ĕçе лайăхлатнине палăртать. Иртнĕ вĕренў çулĕнче 126 çынна политикăлла вĕренĕве хутшăнтарнă. Парти историне вĕренмелли кружоксемпе политшкулсем вĕренў çулне йĕркеллĕ вĕçленĕ.

Пуçламăш парторганизаци ĕçĕнче çитменлĕхсем те сахал мар. Çитменлĕхсем партилле-организацилле ĕçре уйрăмах палăраççĕ. Отчетлă тапхăрта парти пухăвĕсем 9 хутчен иртнĕ. Вăл шутран усă пуху пĕрре кăна пулнă. Бюро ларăвĕсем 10 хутчен иртернĕ. Парторганизаци пуринчен ытла КПСС хула комитечĕ хушнă ыйтусене сўтсе явать, хăйĕн пуçарулăхне сахал палăртать.

Благовещенская юлташ парти пухăвĕсенче, çўлти органсенчен кăтартнă ыйтусемсĕр пуçне, мĕнле ыйтусем сўтсе явни çинчен докладра çапла каларĕ: «Комсомол организаци ĕçĕ çинчен, Ивановпа Кузанкин коммунистсем хăйсене хăйсем мĕнле тыткалани çинчен тата член укçи пухасси мĕнле пулса пыни çинчен сўтсе явнă»,—терĕ.

Коммунистсен активлăхĕпе пуçарулăхне ўстерес ыйтăва тапратнă май, докладчик çакна йышăнать: «Коммунистсем партилле порученисене мĕнле пурнăçланине тĕрĕслес ыйтусене парторганизацин ĕç планне кĕртнĕччĕ. Анчах та хамăр палăртнисене пурнăçа кĕртсе пыраймарăмăр. Паянхи куна О. Иванов, М. Кугушев, И. Наварнов, Н. Лебедев, И. Михайлов, З. Ижеев, Н. Сахарова юлташсен нимĕнле порученисем те çук».

Парторганизацире парти членĕн кандидачĕсем 7 çын. Вĕсенчен нумайăшĕ 1951—1952 çулсенче кандидатра тăраççĕ. Бюро вĕсемпе çителĕксĕр ĕçлет. Михайловпа Зольников юлташсен ĕçĕпе, сăмахран, бюро ытла та сахал интересленнĕ.

Бюрократизмпа волокитăна хирĕç, хуçалăх çине тĕрĕс пăхманнине хирĕç кĕрешесси учрежденири пуçламăш парторганизацин тивĕçĕ пулса тăрать. Анчах Чăвашпотребсоюзра çакăн пек çитменлĕхсене пĕтерсе ситереймен-ха. Хăшпĕр работниксем мăнкăмăлланма пăхаççĕ, ĕçсынисен ыйтăвĕсене тивĕçтерме кирлĕ пек тăрăшмаççĕ. Ĕç дисциплинине пăсни те пулкалать. Кун пек çитменлĕхсем хăшпĕр коммунистсен ĕçĕнче те пур.

Чăвашпотребсоюз правленине суту-илŷ организацийĕсем çителĕксĕр ĕçлени çинчен час-часах çырусемпе жалобăсем килеççĕ. Районсенчи суту-илŷ организацийĕсен çитменлĕхĕсем çинчен республикăри ытти организацисене те сахал мар çырусем пыраççĕ. Анчах та Чăвашпотребсоюзри хăшпĕр работниксем ĕççыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтерме тăрăшмаççĕ. Ĕççыннисенчен пыракан çырусемпе жалобăсем кунта темиçешер уйăх хушши пĕр хусканусăр выртаççĕ.

Кăçалхи январь уйăхĕнче «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцине Сĕрпў районĕнчи Янсакасси ялĕнчи ĕçĕнчи çитменлĕхсем çинчен çыру çырса янă. Жалобăра кăтартнă çитменлĕхсене тĕрĕслесе, вĕсене пĕтерес тĕлĕшпе мерăсем йышăнма ыйтса, редакци çак çырăва Чăвашпотребсоюза ярса панă. Чăвашпотребсоюзăн организацийĕ ревизи пайĕ (унăн начальникĕ коммунист Николаев юлташ) çак çырăва вара Сĕрпў райпотребсоюзне янă. Çыру ĕнтĕ, çавăнтанпах пĕр хускалмасăр выртать.

Ĕççыннисен çырăвĕсене хакламанни çинчен калакан тĕслĕхсем Чăвашпотребсоюзпа унăн организацийĕсенче çав тери нумай. Анчах та пуçламăш парторганизацие унăн бюровĕ кун пек çитменлĕхе пĕтерес тĕлĕшпе нимех те тумаççĕ. Коммунистсем хуçалăхри ĕççене кирлĕ пек туса пыманни çинчен, государство пурлăхне сыхлас тĕлĕшпе çителĕксĕр кĕрешни çинчен калакан тĕслĕхсем те кунта сахал мар.

— Суту-илŷ работникĕсем умне, —тет пренире Самолетов юлташ, — СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ çав тери пысăк задачăсем кăларса тăратрĕ. Анчах та эпир паянхи пек ĕçлесен, сĕнĕрен уйăрса паракан нумай таварсене илекенсем патне вăхăтра çитерес çук. Складсемпе базăсенче, строительство участокĕсенче тата транспортра ĕçлекен пирĕн коммунистсем хăйсен ответлăхне туймаççĕ. Складсене юсас ĕç кирлĕ пек пулса пыманни вĕсем патне пымалли çулсем начар.

Парторганизаци Чăвашпотребсоюз аппарачĕнчи тата ăна пăхăнса тăракан хатĕрлев управленийĕнчи, Шупашкарти универсальнăй базăри, автобазăри тата ытти çакăн пек участоксенчи коммунистсене пĕрлештерсе тăрать. Вăл участоксене пурне те тенĕ пек Чăвашпотребсоюзри пуçламăш парторганизацие кĕрекен коммунистсем ертсе пыраççĕ. Вĕсенче рядовой коммунистсем те чылай. Сăмахран, хатĕрлев управленийĕнче кăна 8 коммунист. Анчах та парторганизаци ун пек участоксенче партгруппăсем тунă та... пĕтĕм ĕçе çавăнпа вĕçленĕ. Партбюро партгруппăсен ĕçне ертсе пыман.

— Благовещенская юлташпа ытти хăшпĕр бюро членĕсем,—тет пренире Наварнов юлташ, — хатĕрлев управленине кайса курман, управлени ăçта вырнаçнине те пĕлмеççĕ. Партгруппоргсене те пухса каламаççĕ, вĕсемпе семинарсем туса ирттермеççĕ.

— Хатĕрлев пунктĕнчи ĕç,—тет Козлов юлташ,—Чăвашсоюзăн Шупашкарти ытти участокĕсенчен чылай уйрăлса тăрать. Чăвашпотребсоюз кантурĕнчи работниксемпе пирĕн работниксем пĕр-пĕрне сайра хутра кăна кураççĕ. Ытти хăшпĕр участокра ĕçлекенсене пăчах та курмастпăр. Эпир вăл организацисенчи коммунистсен ĕçне те пĕлместпĕр. Апла пулсан, эпир вĕсен çитменлĕхĕсене пĕтерме епле пулăшма пултарăпăр-ха? Пирĕн управленири коммунистсене пĕрлештерсе пĕр парторганизаци тусан, ĕçлеме çăмăлтарах пулмалла. КПСС хула комитетне çак ыйтăва татса пама сĕнесшĕн эпĕ.

Пренире пурĕ 15 çын тухса каларĕ. Вĕсем çитменлĕхсем çине критикăлла пăхса, партилле-организацилле тата политикăлла ĕççене вăйлатас тĕлĕшпе паха сĕнўсем пачĕç. Парти пухăвĕ бюро составне суйларĕ.

Н. НИКИТИН.

# Ĕçри çитменлĕхсене тупса палăртаççĕ

СĔНТĔР. Çак кунсенче райпотребсоюзри пуçламăш парторганизацин отчетпа суйлав пухăвĕ пулса иртрĕ.

— Отчетлă тапхăрта парторганизаци партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе чылай ĕçсем турĕ. Коммунистсен ĕçри тата политикăлла активлăхĕ ўснĕ. Парторганизацири коммунистсем хăйсене шанса панă участоксенче аванрах ĕçлеме пуçланă. Çакна май райпотребсоюз кăçалхи пĕрремĕш çур çулта тавар çаврăнăш планне 103 процент тултарнă.

Отчет хыççăн 7 коммунист тухса каларĕ. Вĕсем пуçламăш парторганизацин ĕçĕнчи çитменлĕхсене хăюллăн критиклерĕç, вăл çитменлĕхсене пĕтермелли майсене кăтартса хăварчĕç.

Пуçламăш парторганизаци партилле-организацилле ĕççене çителĕксĕр туса пынă. Кăçалхи 7 уйăх хушшинче парти пухăвĕсене пĕтĕмпе те 5 хутчен кăна ирттернĕ. Парти пухăвĕсенче йышăннă решенисем чылай чухне пурнăçланмаççĕ. Пухура раймагри коммунистсен ĕçĕсем çинчен сўтсе явнă, ун хыççăн лайăх решени йышăннă пулнă. Анчах решени мĕнле пурнăçланса пынине тĕрĕслесе тăман. Раймаг халĕ те çав çавах ĕçлет, тавар çаврăнăш планне уйăхран-уйăха, кварталтан-квартала тултарса пымасть. Унăн заведующийĕ Бархатов юлташ коммунистсен критикине шута илмест, хăйне хăй коммунист пек тыткаламасть, парти пухăвĕн решенийĕсене пурнăçламасть.

Пуçламăш парторганизаци коммунистсене поручени питех те сахал панă. Панă порученисене коммунистсем мĕнле пурнăçланине тĕрĕслесе тăман. Çакна пула чылай коммунистсем панă порученисене пурнăçламан. И. Романов коммуниста суту-илŷ организацийĕсенче ĕçлекенсем хушшинче партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене вĕрентессине йĕркелеме хушнă, анчах вăл ку тĕлĕшпе нимĕн те туман.

Парти вĕрентĕвне те кирлĕ пек йĕркелемен. Парти историне вĕренмелли кружокăн занятийĕсем йĕркеллĕ иртмен. Матюков, И. Романов, вăл хушăрах тата пуçламăш парторганизаци секретарĕ те харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсен шутĕнче тăнă. Тĕрĕссипе нихăшĕ те нимĕн те вĕренмен.

Пуçламăш парторганизаци çумĕнче ялан ĕçлекен агитколлектив пулман, çавăнпа та суту-илŷ работникĕсем хушшинче политикăлла-массăлла ĕçе япăх туса пынă.

Пуçламăш парторганизаци комсомол, профсоюз тата ытти обществăлла организацисене япăх ертсе пынă, вĕсен ĕçĕсем çинчен парти пухăвĕсенче пĕрре те сўтсе явман. Çакна пулах ĕнтĕ комсомолăн пуçламăш организацийĕпе профсоюзăн вырăнти комитечĕ япăх ĕçлеççĕ.

— Отчетра суту-илŷ работникĕсем хушшинче социализмла ăмăрту мĕнле сарăлса пыни, парторганизаци ăмăртăва мĕнле ертсе пыни çинчен пĕр сăмах та çук. Мĕншĕн тесен суту-илŷ работникĕсем хушшинчи ăмăртăва пуçламăш парторганизаци ертсе пыман. Пуçламăш парторганизаци хăйĕн ĕçне плансăр туса пырать. Ĕçлекенсем хушшинчи воспитани ĕçне парторганизаци хакламасть. Кăçал стена хаçатне пурĕ те икĕ номер çеç кăларнă, производствăлла канашлусем те сайра хутра çеç пулаççĕ,—тет Измайлова юлташ.

Чылай коммунистсем КПСС райкомĕ пуçламăш парторганизацине çителĕксĕр пулăшнине кăтартса пачĕç.

Н. ЦВЕТНОВ.
(Хамăр корр.).

## Касçхи ўкерчĕк

Хуллен кăна утатăп уй-хир тăрăх
Хĕпĕртесе ĕç хыççăн килелле.
Кас пулнă ĕнтĕ, ытратмасть тек шăрăх,
Сип сес питреа ачашшăн вĕркелет.

Утмашкăн çăмăл, сывлăшĕ те усă,
Эп савăнса пăхатăп таврана.
Тăван çĕрпе хастарланса пырусăн
Эп мăнăлетĕп çĕнĕ юррăма.

Çак вырăнта ўсетчĕ вăйлă тыра,
Сўлĕшĕне—хаша пĕкки таран.
Эрне сес иртрĕ (асăнма та ырă),
Йĕри-тавра халь çĕмелсем куран.

Юратăп, савнă сĕрĕмçĕм, уй-хирĕм,
Илĕмĕ ăсă ялании пекех.
Колхозсенче ăна йăрансем çук пирĕн,
Сухапуçĕ шăйăрттармасть текех.

Тăван çĕршыв, сана чунтан саватăп,
Телейлĕ пурнăç патăн сынсене,—
Çак шухăшпа эп кăмăллăн тухатăп
Чул сарнă аслă, тикĕс çул çине.

Машинăсем вĕçсе кăна иртеççĕ,
Вĕсем килеççĕ элеваторган.
— Сана, Çĕршыв, чи лайăх тырă,—
тесçĕ
Хаваслана колхозниксем чунтан.

Итем çинче сар хĕрĕсем юрлаççĕ...
Утатăп эпĕ. Савăнăç питре.
Сут çăлтăрсем пытанмалла выляççĕ,
Кăвак сатин пек анлă тўпере.

Анатолий ЖИРНОВ.

# ПРАВИТЕЛЬСТВО ПĔЛТЕРНИ

## Совет Союзĕнче водородлă бомбăна сăнаса пăхни çинчен

Сăнаса пăхас шутпа çак кунсенче Совет Союзĕнче водородлă бомбăсенчен пĕр йышшине сирпĕнтерсе пăхнă.

Водородлă бомбăра термоядернăй реакци пулнă май бомба питĕ хăватлăн сурăлнă. Сăнаса пăхнинчен çакă курăннă: водородлă бомбăн хăвачĕ атомлă бомбăсен хăватĕнчен нумай хут ытларах.

Паллă ĕнтĕ, Совет Союзĕн темиçе çул хушши атомлă бомба пур тата вăл ăна сăнаса пăхнă. СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков çак çулхи августăн 8-мĕшĕнче Верховнăй Советăн пиллĕкмĕш сессийĕнче тухса каланă тăрăх, Совет Союзĕ водородлă бомба тумалли майсене те пĕлет.

Совет Правительстви çакăн çинчен пĕлтерни ытти çĕршывсенче тĕрлĕрен каласусем хускатрĕ. Ют çĕршывсенчи хăшпĕр ушкăнсем, хăйсен политикинче ĕлĕкрех атомлă бомба тата каярахпа водородлă бомба США-н çеç пурри çине шанса тăнăскерсем, Совет Союзĕ водородлă бомба тума пултарнипе халăха хăратма хăтланаççĕ, хĕçпăшалланассине вăйлатас шутпа халăха шиклентерме пăхаççĕ.

Совет Правительстви çакăн çинчен пĕлтерме кирлĕ тесе шутлать: çавăн пек шикленме халĕ те ĕлĕкхи пекех нимĕнле сăлтав та çук.

Совет Союзĕ мире тата халăхсен хăрушсăрлăхне çирĕплетмелли политикăна пĕр улшăнмасăр тытса пынă май Совет Правительстви хĕçпăшалсене чылай сахаллатас, атомлă тата çынсене массăллăн пĕтерекен ытти тĕрлĕ хĕçпăшалсемпе вăрçăра усă курма чармалла тăвас, çапла чарнине хытă тĕрĕслесе тăма Пĕрлешнĕ Нацисен организацийĕ енĕпе пĕтĕм çĕршывсен контрольне тăвас тесе ытти çĕршывсен правительствисене пĕр хут мар сĕнў панă.

Совет Правительстви халĕ те çавăн пек позици çинче çирĕп тăрать.

# Пир-авăр ытларах туса кăларассишĕн

Краснохолмскри камвольнăй комбинатăн главнăй инженерĕ Н. Н. Павлов юлташ каласа пани

Комбинат çичĕ уйăх планне срокчен—июлĕн 18-мĕшĕ тĕлне тултарнă. Çичĕ уйăхри планран ирттерсе костюм çĕлемелли пир-авăр сахалтан та тăватсĕр пин метр тĕртсе кăларнă. Çав вăхăт хушшинче чĕртаварпа çурмафабрикатсем перекетлес, продукцин хăйне ларакан хакне чакарас тĕлĕшпе те çитĕнўсем тунă. Перекетленĕ чĕртаварпа çурмафабрикатсенчен пĕрремĕш çур çулта планпа пăхнинчен 79.600 метр ытларах пир-авăр тĕртсе хатĕрленĕ. Комбинат планран ирттерсе икĕ миллион тенкĕ ытла накоплени тунă.

Предприяти чысĕшĕн кĕрешсе, пир-авăр тĕртекенсен коллективĕ çăмăл промышленность предприятийĕсен Пĕтĕм Союзри социализмла ăмăртăвĕнче чылай пысăк çитĕнў турĕ. Иртнĕ çулта комбинат Пĕтĕм Союзри социализмла ăмăртура пĕрмаях пĕрремĕш вырăна тухрĕ. 1953 çулхи пĕрремĕшпе иккĕмĕш кварталсенчи производствăри çитĕнўсемшĕн ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн куçса çўрекен Хĕрлĕ ялавне панă. Коллектив хăйĕн ĕмĕтне пурнăçа кĕртрĕ: комбината питĕ паха продукци туса кăларакан предприяти ятне панă.

Малта пыракан предприятин цехĕсенче çав кунсенче уйрăмах хавхаланса ĕçлеççĕ. Пир-авăр тĕртекенсем СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Г. М. Маленков юлташăн сăмахне тата СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн решенийĕсене питĕ пысăк хавхаланупа кĕтсе илчĕç.

Çĕршыври çăмăл промышленность умне лартнă задачăсене камвольнăй комбинат коллективĕ хăйĕн чи сывăх та тăван ĕçĕ вырăнне хакласа кĕтсе илчĕ. Рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем костюмсем çĕлемелли пир-авăр ытларах тĕртсе кăларма, продукцин ассортиментне пахалăхне малалла лайăхлатса пыма çине тăрса тăрăшаççĕ.

Краснохолмскри комбинат халех ĕнтĕ 1940 çулхинчен 4 миллион метр ытла пир-авăр тĕртсе кăларать. Костюмсем çĕлемелли пир-авăр тĕртсе кăларасси комбинатра çывăх вăхăтсенче татах чылай ўсмелле.

Анчах ĕç продукци ытларах туса кăларнинче кăна мар. Унăн ассортиментне, пахалăхне пĕрмаях лайăхлатмалла. Халĕ комбинат коллективĕ костюмсем çĕлемелли пир-авăр ассортиментне тата унăн пахалăхне ўстерес тĕлĕшпе çĕнĕ ĕçсем туса ирттерет.

Пир-авăр тĕртекен производствăра халех ĕнтĕ çĕнĕ ассортиментсем туса кăларма кирлĕ чухлĕ оборудовани уйăрнă. Халиччenхипе танлаштарсан, костюмсем çĕлеме бостон тата шевиот пиĕ нумай туса кăларма тытăнатпăр. Çулталăк вĕçлениччен çав çĕнĕ йышши пир-авăрсене пĕр миллион та виççĕр пин метр тĕртсе кăларатпăр. Çапла вара, ĕççыннисем Краснохолмск комбинатĕнчен кăна татах 140 пин костюм çĕлемелĕх бостон, 270 пин костюм тата пальто çĕлемелĕх шевиот туянма пултараççĕ.

Иккĕмĕш çур çулта комбинатăн маларах палăртнă планран ирттерсе тата 365 пин метр паха пир-авăр тĕртсе кăлармалла. Çак задачăна пурнăçлама халĕ пур мерăсем те йышăнатпăр. Технологи процесне лайăхлататпăр, кадрсем çĕнĕрен вĕрентсе хатĕрлетпĕр, мĕнпур рабочисен квалификацине ўстерсе пыратпăр.

Комбинатăн корпусĕсенче станок паркне çĕнетес ĕç пырать. Тĕртмелли кивĕ станоксене майĕпен çĕнĕ йышши, пысăк тухăçлă станок-автоматсемпе улăштаратпăр. Кăçал комбинат хамăр çĕршывра туса кăларакан тĕртмелли çĕнĕ станок-автоматсем 75 илет.

Арлакан производствăна çĕнетсе лайăхлатас тĕлĕшпе те хатĕрленў ĕçĕсем вĕçленсе пыраççĕ. Çав мероприятие пурнăçа кĕртни çип арласа кăларассине 15 процент ўстерме май парать.

Çăм пир-авăр пахалăхне ўстересси чĕртавартан нумай килет. Анчах калас пулать, комбината час-часах таса мар çăм килет. Пирĕн производство условийĕсенче çăма тĕрлĕ тасамарлăхсенчен уйăрма хĕнтерех. Ку ĕçе ятарласа тунă фабрикăсенче пурнăçламалла. Апла пулин те, пирĕн рационализаторсем çăма май килнĕ таран тасатма тивĕçлĕ мерăсем йышăнаççĕ. Ку тĕлĕшпе пирĕн ятарласа тунă агрегат пур.

Маленков юлташăн сăмахĕнче тата СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн решенийĕсенче халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине ўстерес, вĕсен пахалăхне лайăхлатас тĕлĕшпе анлă программа кăларса тăратнă. Краснохолмск комбинат коллективĕ партипе правительство кăтартăвĕсене пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăя хурĕ, çĕршыва костюмсем çĕлемелли паха пир-авăр çĕршер пин метр планран ирттерсе парĕ. Çак задачăна ăнăçлă пурнăçлас тесе, Краснохолмск комбиначĕ мĕн кирлине пĕтĕмпех тăвĕ.

## „Коммунизм ялавĕ" хаçатра çырнă хыççăн

### „Куллен кирлĕ таварсем ытларах туса кăлармалла"

«Коммунизм ялавĕ» хаçатра июлĕн 3-мĕшĕнче «Куллен кирлĕ таварсем ытларах туса кăлармалла» ятлă çыру пичетленнĕччĕ. Çыру авторĕ Шăмăршă райпо председателĕн заместителĕ П. Гладков юлташ райпромкомбинатпа промысла артелĕсем ĕççыннисем валли куллен кирлĕ таварсем çителĕксĕр туса кăларни, çакна пула суту-илŷ организацийĕсем тавар илекенсен хăшпĕр ыйтăвĕсене тивĕçтереймени çинчен çырнăччĕ. Çавăн пекех вăл пĕр йышши таварах тĕрлĕ хакпа сутнине кăтартса панăччĕ.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председателĕн заместителĕ Д. Полукаров юлташ «Куллен кирлĕ таварсем ытларах туса кăлармалла» ятлă çырура хускатнă ыйтусем тĕрĕс пулни, унта асăннă çитменлĕхсене пĕтерме Министрсен Совечĕ тивĕçлĕ мерăсем йышăнни çинчен пĕлтерчĕ. Чăваш АССР-ĕнчи промысла кооперацийĕн артелĕсемпе вырăнти промышленность предприятийĕсем кăларнă продукцисен пахалăхне палăртма ятарласа смотр ирттернĕ. Çак смотрăн итогĕсене пăхса тухнă хыççăн суту-илŷ ĕçĕнчи йĕркесĕрлĕхсене, пĕр йышши таварсене расна хаксемпе сутнине пĕтерес шутпа тивĕçлĕ ĕçсем туса ирттереççĕ.

### *Тĕрĕслеме янă çырусем тăрăх*

«Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцийĕ Сĕнтĕр районĕнчи Лысенко ячĕпе тăракан колхозра силос хывасси япăх пынине пĕлтерекен çырăва Сĕнтĕр районĕнчи ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленине янăччĕ.

Районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕ çырăва колхоз правленийĕн ларăвĕнче сўтсе явни çинчен пĕлтерчĕ. Правлени выльăх апачĕ çителĕклĕ хатĕрлессишĕн, силос хывмалли плана тултарассишĕн тивĕçлĕ мерăсем йышăннă.

# Сесси решенийĕсем совет çыннисене ĕçре хавхалантараççĕ

*А. В. КУГУШЕВА,*
*СССР Верховнăй Совет депутачĕ*

Совет халăхĕ тата пĕтĕм тĕнчери прогрессивлă шухăшлă мĕнпур çынсем СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн ĕçĕсемпе хытă интересленчĕç, Кремльти Пысăк двореçăн трибуни çинчен каланă кашни сăмаха тимлĕ итлерĕç. Сессире пăхса тухма палăртнă ыйтусене сўтсе явнă тата решенисем йышăннă чухне икĕ палатăри — Союз Совечĕпе Национальноçсен Советĕнчи депутатсем пурте хăйсем пĕр шухăшлă пулнине палăртрĕç. Çакăнта Совет Союзĕнчи мĕнпур халăхсен интересĕсем пĕр пек пулни, совет халăхĕн моралĕ-политикăлла пĕрлĕхĕ çирĕп пулни, пирĕн халăх Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тачă пĕтĕçсе тăни лайăх курăнчĕ.

СССР Верховнăй Совечĕ ССР Союзĕн 1951 çулхипе 1952 çулхи бюджечĕсене пурнăçлани çинчен тунă отчета тата ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджетне çирĕплетрĕ. Государство бюджетне халăх хуçалăхне 1953 çулта аталантармалли планпа пĕтĕмпех килĕшўллĕн туса хатĕрленĕ. Бюджетри укçа-тенкĕ социализмла экономикăна малалла вăйлатса, ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатса тата культурине ўстерсе пыма май парать.

Совет Союзĕн бюджечĕн тĕп тупăшĕ—социализмла предприятисенчен пухăнакан укçа-тенкĕ. Тупăшсен сахалтарах пайĕ халăхран тĕрлĕ налогсем илнипе тата ытти енĕпе пухăнать. Бюджет ăнăçлă пурнăça кĕтĕр тесен, промышленность предприятисемпе хуçалăх организацийĕсен ĕç тухăçлăхне ўстерсе пымалла, продукцин хăйне ларакан хакне йўнетмелле, чĕртаварсене, материалсене тата укçа-тенке перекетлĕн расходламалла. Ĕç тухăçлăхне хăпартмалли тата продукцин хăйне ларакан хакне йўнетмелли плана пĕр процент ирттерсе тултарнипе те государство бюджетне темиçе миллиард тенкĕ укçа кĕрет. Çавăнпа та пирĕн техникăпа туллин усă курассишĕн, чĕртавара, материалсене, топливăна тата электричество энергине перекетлессишĕн пыракан социализмла ăмăртăва тата анлăрах сарас пулать.

ССР Союзĕн государство бюджетĕнчен халăх хуçалăхне аталантарма, культурăллă ĕçсем валли тата ытти расходсем валли укçа-тенкĕ нумай параççĕ. Капитализмла çĕршывсенче вара государство бюджетĕнчи укçан пысăк пайĕваскасах хĕçпăшал нумай хатĕрлеме каять. Çав çĕршывсенче ĕççыннисем хĕн-хур курса пурăнаççĕ. Капитализмла çĕршывсем çĕнĕ вăрçа хатĕрленнĕ май ĕççыннисен пурнăçĕ йывăрланнăçемĕн йывăрланать, уйăхран уйăха ĕçсĕр тăрса юлнисен йышĕ нумайланса пырать. Çав çĕршывсенче налогсем ўсеççĕ, апат-çимĕçпе куллен кирлĕ таварсем хакланса пыраççĕ.

Совет Правительстви мирлĕ политика тытса пырать, çав вăхăтрах Совет çĕршывне тĕрлĕ ăнсăртлăхсенчен сыхлама унăн оборонине кунтан-кун ытларах та ытларах тĕреклетет.

Совет çыннисене Коммунистсен партийĕ Тăван çĕршыва, мир ĕçне, тĕнчери çĕршывсем пĕр-пĕринпе мирлĕн килĕштерсе пурăнмалла тăвас ĕçе юратма, ытти халăхсене хисеплеме вĕрентсе пырать.

Совет халăхĕ умĕнче мĕн тери пысăк задачăсем тăни СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕ йышăннă решенисенчен, СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ сессире каланă сăмахран уççăн курăнать.

Партин XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене, Г. М. Маленков юлташ сессире каланă сăмахра палăртнă задачăсене пурнăçланипе пирĕн çĕршывăн халăх хуçалăхĕ малалла чечекленсе пырĕ, ĕççыннисен пурнăçĕ лайăхланса тата культури ўссе пырĕ. Çавăнпа та совет çыннисем сесси решенийĕсене, Маленков юлташ каласа панисене хапăл туса кĕтсе илчĕç.

Совет çыннисем умра тăракан задачăсене пурнăçлассишĕн: çĕр кăмрăкĕ тата нефть нумайрах кăларас, чугунпа хурçă ытларах шăратса кăларас, паха пир-авăр нумайрах тĕртсе хатĕрлес, машинăсем нумайрах туса кăларас, пысăк тухăçлă тырпул туса илес тесе тăрăшса ĕçлеççĕ. Çакна эпир пирĕн заводсенче, колхозсенче социализмла ăмăртса ĕçленинчен, ăмăрту кунтан-кун сарăлса пынинчен те курма пултаратпăр.

Йывăр промышленноçа аталантарас тĕлĕшпе тунă çитĕнўсен никĕсĕ çинче халĕ куллен кирлĕ япаласем туса кăларас ĕçе вăйлатни халăх пурнăçне татах та лайăхлатать. Халăха кирлĕ таварсем туса кăларас ĕçе тĕпренех вăйлатмалла, çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçне хăвăртрах аталантарса пымалла.

Халăха куллен кирлĕ таварсем туса кăларассине татăклăнах ўстерес тесен, пуринчен малтан, ялхуçалăхне малалла вăйлатассишĕн тăрăшма кирлине Маленков юлташ уйрăмах палăртрĕ.

Ялхуçалăхĕ умĕнче пысăк задачăсем тăраççĕ. Пĕтĕм ялхуçалăхне вăйлатса тата колхозсене организаципе хуçалăх тĕлĕшĕнчен малалла тĕреклетсе пынă никĕс çинче çитес икĕ-виçĕ çул хушшинчех пирĕн çĕршывра халăх валли апат-çимĕç питĕ нумай хатĕрлемелле, çăмăл промышленность валли чĕртавар питĕ нумай туса памалла.

Партипе Правительство колхозниксене обществăлла хуçалăха тĕреклетме хавхалантарса пычĕç, çавăнпа пĕрлех халĕ ĕнтĕ колхозниксен кил вырăнĕ çине пăхас тĕлĕшпе пулса тăнă тĕрĕс мар йĕркене тўрлетме тата улăштарма йышăнчĕç. Колхозниксен кил вырăнĕнчен обязательство йĕркипе илмелли нормăна чылай чакарнă.

Сесси ССР Союзĕн 1953 çулхи Государство бюджечĕ çинчен тата Ялхуçалăх налогĕ çинчен Законсем йышăнчĕ. Манăн кунта ялхуçалăх налогĕ çинчен йышăннă законăн пысăк пĕлтерĕшне уйрăмах палăртас килет. Çĕнĕ закон тăрăх, 1953 çулта пĕтĕм çĕршывĕпе пухмалли налог укçин хисепĕ 43 процент, 1954 çулта вара, 1952 çулхипе танлаштарсан, 2,5 хут чакать. Ку закон тăрăх ялхуçалăх налогне кил çумĕнчи çĕр участокĕн пысăкăшне кура—тектарăн кашни çĕрĕмĕш пайĕ пуçне çирĕп ставка тăрăх шутласа хураççĕ.

Партипе правительство кашни колхозник килĕнче ĕне выльăх усраттарассишĕн тăрăшаççĕ. Çĕнĕ закон тăрăх, ĕне усраман хуçалăхсем çине налог хумалли суммăна 1953 çулта 50 процент тата 1954 çулта 30 процент чакараççĕ. 1955 çултан пуçласа çав хуçалăхсем çине пур хуçалăхсем çине налог хумалли йĕркепе налог хураççĕ. Çакна колхозниксене хăйсем валли ĕне туянма хавхалантарас тĕлĕшпе тунă. Ытти колхозниксемпе пĕр танах налог тўлес тесен, 50 процент ытларах тўлес мар тесен, кашни колхозникпа колхозницăн обществăллă хуçалăхра тăрăшса ĕçлемелле, сахалтан та ĕçкунĕсен минимумне тултармалла.

Сессире тухса каласа, СССР Верховнăй Совечĕн депутачĕсем хамăр Тăван çĕршывăн чĕререн савăннине, 1953 çулхи бюджет совет халăхĕн пĕтĕм тĕнче историйĕнчи чаплă çĕнтерĕвĕсене кăтартса паракан тĕслĕх пулнине палăртрĕç. Совет халăхĕ, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, вăрçă хыççăнхи пилĕкçуллăха ăнăçлă пурнăçларĕ, социализмла Тăван çĕршывăн хăватне тата ытларах тĕреклетрĕ. Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви халăхăн материальнăй пурнăçне лайăхлатассишĕн, культурине ўстерессишĕн яланах хытă тăрăшаççĕ.

Бюджета пăхса тухнă чухне депутатсем уйрăм министерствăсемпе ведомствăсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене палăртрĕç, хуçалăх планĕсене пурнăçлассишĕн, ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатассишĕн, пурăнмалли çурт-йĕрсене вăхăтра туса пĕтерессишĕн, суту-илĕве лайăхлатассишĕн хытăрах тăрăшма кирли çинчен каларĕç. Национальноçсен Совечĕн ларăвĕнче Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕн председателĕ И. А. Афанасьев депутат сăмах тухса каларĕ. Вăл Чăваш республикинче промышленноçа, ялхуçалăхне, культурăна аталантарас тĕлĕшпе пысăк çитĕнўсем туннине палăртрĕ. Çавăнпа пĕрлех вăл республикăра хăшпĕр ĕçсем кая юлса пыни çинчен каласа пачĕ, строительство материалĕсен промышленноçне аталантарас ĕçре, тракторсем, комбайнсем тата ытти ялхуçалăх машинисем валли запаслă пайсем парса тăрас ĕçре республикăна пулăшма ыйтрĕ, вăл ССР Союзĕн чылай министерствисем умне тĕрлĕ требованисем кăларса тăратрĕ.

Сесси лартнă задачăсене пурнăçланă май пирĕн Чапаевски поселок чылай улшăнĕ. Поселокра пурăнмалли çуртсем, культурăпа йăла учрежденийĕсем нумайланĕç, суту-илŷ лайăхланĕ.

СССР Верховнăй Совечĕ йышăннă решенисем тата СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ сессире тухса каланă сăмах совет çыннисен политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхне нумай ўстерчĕç. Ĕççыннисен патриотла çĕкленĕвне малалла вăйлатса пынипе эпир хамăр умри задачăсене ăнăçлăн пурнăçласа пыма пултарăпăр. Совет çĕршывĕн оборона тĕлĕшĕнчи хăвачĕ вăйланса, совет халăхĕн политикăлла сыхăлăхĕ ўссе пырĕ.

Пирĕн хамăрăн сыхăлăха ўстерме кирли Берияна преступникла ĕçне тăрă шыв çине кăларнинчен лайăх курăнать. СССР Верховнăй Совечĕ икĕ палатăн пĕрлехи ларăвĕнче Берияна СССР Верховнăй Совет депутачĕнчен тата ĕçлĕ вырăнсенчен кăларасси çинчен, унăн званийĕсемпе награднсене пăрахăçласси çинчен, унăн преступникла ĕçĕсене пăхса тухма СССР Верховнăй Судне парасси çинчен СССР Верховнăй Совет Президиумĕ йышăннă Указсене пĕр шухăшлă пулса çирĕплетрĕ.

Совет халăхĕ Коммунистсен партийĕ ертсе тата çул кăтартса пынипе коммунизм çĕнтерĕвĕ патне шанчăклăн малалла утать. Коммунистсен партийĕ ертсе пыни, халăхпа парти тата правительство пĕрлĕхлĕ пулни пирĕн çĕнтерўсен çăлкуçĕ пулса тăрать. Кашни совет çыннин тивĕçĕ çакăн пек: заводра е фабрикăра, колхозра е МТС-ра, совет учрежденийĕнче ĕçлекен кашни гражданинăн умра тăракан аслă задачăсене ăнăçлă пурнăçлас тесе пĕтĕм вăя, пултарулăха тата хастарлăха парса ĕçлемелле.

*Вицĕ республика ăмăртăвĕ*

# Мари республикинчи колхозсемпе МТС-сенчен килнĕ çырусем

**СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕн решенийĕсем тата сессире СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ Г. М. Маленков юлташ каланă сăмах колхоз хресченĕсене пархатарлă пысăк ĕçсем тума хавхалантарчĕç. Колхозниксемпе колхозницăсем, механизаторсемпе ялхуçалăх специалисчĕсем Тăван çĕршывăн вăй-хăватне тĕреклетме хăйсен пĕтĕм пултарулăхĕпе хастарлăхне парса ĕçлеççĕ.**

**Пирĕн республикăри ĕçсынниксем кăçал, ытти çулсенчи пекех, кӳршĕри Мордва тата Мари республикисенчи колхоз хресченĕсемпе ăмăртăва тухса пысăк обязательствăсем илчĕç. Çав обязательствăсене пурнăçлассишĕн пыракан кĕрешӳре ялхуçалăх ĕçченĕсен активлăхĕ нумай ӳсрĕ.**

**Паян эпир Мари республикинчен килнĕ çырусене пичетлетпĕр. Вĕсенче ялхуçалăхĕн тĕп задачисене пурнăçлас ĕçре—тырпул тухăçлăхне ӳстерес тата обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне ӳстерес задачăсене ăнăçлă татса парассишĕн кĕрешӳ мĕнле пыни çинчен каласа кăтартнă.**

**Социализмла ăмăртăва ертсе пырасси—парторганизацисен кулленхи ĕçĕ. Малта пыракан колхозниксен, ялхуçалăхĕнчи новаторсен опытне тăтăшах сарса пыни, кая юлакансене малта пыракансем пек ĕçлеме вĕрентни кирлĕ.**

**Вицĕ республика ăмăртăвĕнче мала тухассишĕн пĕтĕм вăйпа пултарулăхa парса ĕçлер!**

## Обязательствăна чыслăн пурнăçлатпăр

Моркински районĕнчи Калинин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем кăçал ялхуçалăх ĕçĕсене вăхăтра ирттерме, уй-хирте пысăк тухăçлă тырпул çитĕнтерме сăмах пачĕç. Илнĕ обязательствăна чыслăн пурнăçлассишĕн вĕсем ырми-канми тăрăшса ĕçлеççĕ. Тăрăшса ĕçлени çитĕнӳ тума май пачĕ, колхозăн анлă уй-хирĕсенче вăйлă тырпул çитĕнчĕ.

Ăнса пулнă тырăсене хăвăрт тата пĕр тăкаксăр пухса кĕртме пирĕн артель членĕсем вăхăтра хатĕрленчĕç. Колхозри парторганизаци тырпул пухса кĕртнĕ тапхăрта колхозниксем хушшинче массăлла-политикăлла ĕçе туса пымалли план туса хатĕрлерĕ, агитаторсене уйрăм участоксем çумне çирĕплетрĕ.

Тырпул пухса кĕртме эпир вăхăтра тытăнтăмăр. Хĕрӳ ĕç пуçланнăранпах колхоз уй-хирĕнче 500 çын ытла ĕçлет, комбайн, çичĕ жнейка тата вицĕ лобогрейка кĕрлет. Колхозниксемпе механизаторсем хушшинче социализмла ăмăрту анлăн сарăлчĕ. Вĕсенчен нумайăшĕ кулленхи ĕç нормине ирттерсе тултараççĕ. З. Федоров тата И. Васильев машиноведсем жнейкăпа кашниç кун 4 гектар вырăнне 5—6 гектар тырă выраççĕ. Кĕлте çыхакан А. Семенова, З. Терентьева, О. Иванова колхозницăсем кулленхи нормăна 150—200 процент тултарса ĕçлеççĕ. Çурлапа тырă выракан М. Егорова, О. Терентьева, Г. Трофимова тата ытти нумай колхозницăсем ĕçре лайăх тĕслĕх кăтартаççĕ.

Августăн 4-мĕшĕнче колхозри пур бригадăсем те кĕрхи тырăсене вырса пĕтерчĕç, çуртрисене пухса кĕртме тытăнчĕç. Тырă вырнипе пĕр вăхăтрах пирĕн колхозниксем авăн çапас, государствăна тырă парас ĕçсене ăнăçлă туса пыраççĕ.

Çитес çул пысăк тухăçлă тырпул туса илме çирĕп никĕс хывас тесе, пирĕн колхозниксем кĕрхи тырăсене вăхăтра акса хăварма тăрăшаççĕ. Çак ĕçе августăн 4-мĕшĕнче тытăнтăмăр.

Колхозри парторганизаци тырпула вăхăтра пухса кĕртессишĕн, государствăна тырă памалли плана срокчен тултарассишĕн, кĕрхи тырăсене пысăк пахалăхпа акса хăварассишĕн колхозниксене мобилизацилерĕ. Хирте, итем çинче мĕнпур ответлă участоксенче коммунистсемпе комсомолецсем ĕçлеççĕ. Коммунистсен пултарулă, паха ĕçне кура, пур колхозниксем те хастарлă ĕçлеме тăрăшаççĕ. Е. Сычева, В. Васильев, О. Михайлова, А. Кириллов, Е. Васильева агитаторсем колхозниксем хушшинче кашни кунах каласусем ирттереççĕ, вĕсене хаçат-журнал вуласа параççĕ. Кашни бригадăрах боевой листоксем тухаççĕ. Колхозра стена хаçачĕ те йĕркеллĕ тухса тăрать. Хисеп хăми те пур, унта стахановла ĕçлекенсен хушамачĕсене çырса пыраççĕ.

Пирĕн колхоз ĕçченĕсем халĕ çуртрисене хăвăрт тата тăккаламасăр пухса кĕртессишĕн, Тăван çĕршыв умĕнчи пĕрремĕш тивĕçе срокчен пурнăçлассишĕн пĕтĕм вăя хурса ĕçлеççĕ. Çак пархатарлă ĕçре пирĕн парторганизацинчи коммунистсем малти ретре пыраççĕ.

**М. НИКОЛАЕВ,**
колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕ.

## Кулленех 12—13 гектар выратăп

Ялхуçалăх ĕçĕсене ăнăçлă ирттерессишĕн пыракан социализмла ăмăртăва хутшăнса, эпĕ кăçалхи сезонра «С-4» самоходнăй комбайнпа 400 гектар çинчи тырра вырса çапма сăмах патăм. Илнĕ обязательствăна чыслăн пурнăçлатăп. Халĕ кашни кун 12—13 гектартан кая мар тырă выратăп. Кĕрхи тырăсене 109 гектар выртăм та ĕнтĕ.

Манăн ĕçри ăнăçлăх мĕнрен килет-ха? Чи малтанах çапла каламалла: ĕç тухăçлăхне ӳстерме комбайн конструкцинче хăшпĕр улшăнусем туни чылай пулăшрĕ. Комбайн çине эпĕ выртнă тырра вырма колосоподъемник, тырă тăккаланасран зерноуловитель вырнаçтарнă. Комбайна техника енчен лайăх пăхса тăратăп, унăн тĕрлĕрен пайĕсем мĕнле ĕçленине тăтăшах сăнатăп.

Кун çуттипе туллин усă курма тăрăшатпăр. Ĕçе ирхине ирех тытăнатпăр та мĕн тĕттĕм пуличченех ĕçлетпĕр. Çĕрле кăштах каннă хыççăн, ирхине ĕçе тытăниччен комбайн пайĕсене çу сĕретпĕр, пушаннă пайĕсене хытаратпăр. Машинăна ирхи тата кăнтăрлахи апат вăхăтĕнче те ĕçлеттеретĕп, çав вăхăтра штурвала Павел Домрачев тытса пырать. Бункерти тырра пушатма комбайна чарса вăхăта сая ямастпăр, тырра комбайн ĕçлепĕ хушăрах пушататпăр.

Колхозниксем комбайн патне шыв, горючи тата сĕрмелли материалсем вăхăтра турттарса параççĕ. Машина пушă çӳрени ан пултăр тесе, эпир тырă вырмалли участоксене тата агрегата çӳретмелли маршрута малтанах уй-хир бригадисен бригадирĕсемпе пĕрле палăртса хуратпăр. Колхозниксемпе туслă пулса ĕçлени пире ĕç тухăçлăхне ӳстерсе пыма пулăшать.

Малтанхи вунăкунлăхра социализмла ăмăртура мала тухнăшăн МТС дирекцийĕ мана куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялав пачĕ.

Эпĕ хамăр панĕ обязательствăна чыслăн пурнăçлассишĕн, МТС-ри комбайнерсен ăмăртăвĕнче мала тухассишĕн пĕтĕм вăя хурса тăрăшатăп.

**П. ДОМРАЧЕВ,**
Çĕнĕ Торъялъ районĕнчи Ожигановски МТС-ри комбайнер.

## Ухтомский ячĕпе тăракан колхозра

Пĕчĕк юханшывăн икĕ енĕпе, вата çăкасемпе хурăнсем хушшинче, Оршанск районĕнчи Ухтомский ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕн обществăлла çурчĕсемпе колхозниксен çурчĕсем ларса тухнă. Вĕсенчен аякккалла колхозсен анлă уй-хирĕсем сарăлса выртаççĕ.

Тулă пучахĕсем лăпкă çил вĕрнипе сулланса тайăлаççĕ. Хумханса ларакан вăйлă тырпул чуна савăнтарать. Кĕрхи тырăсем кăна мар, çуртрисем те вăйлă. 80 гектар çинче йĕтĕн питех те лайăх çитĕннĕ, ахальтен мар ĕнтĕ ăна çак ялхуçалăх артель членĕсем «çурçĕр енчи пурçăн» тесе хисеплеççĕ. Иртнĕ çул йĕтĕнрен илнĕ тупăш кунта пĕр миллион тенке яхăн пулнă.

Колхозра выльăх-чĕрлĕх фермисем тăваттă, хурт-хăмăр утарĕ, улма-çырла пахчи пур. Вĕсем колхоза пысăк тупăш параççĕ.

1950 çулта Новошироково, Малая Речка, Красное Поле ялсенчи колхозсем пĕрлешсе Ухтомский ячĕпе тăракан колхоз турĕç. Пĕрлешсе пысăклатнин усси малтанах палăрма пуçларĕ—артель хуçалăхĕ хăвăрт аталанса вăйланма пуçларĕ, колхозниксен пурнăçĕ те лайăхланчĕ. Пĕлтĕр колхоз кашни гектартан 16 центнер ыраш, 10 центнер ытларах çурхи тулă тата сĕлĕ, 4,15 центнер йĕтĕн вăрри, 3,5 центнер йĕтĕн сӳсĕ туса илчĕ.

Колхозниксене ĕçкунĕ тăрăх 8 тенкĕ ытла укçа, икшер килограмм ытла тырă, пĕрер килограмм çĕрулми тата сахăр, ӳсентăран çăвĕ панă.

Акă, Иван Иванович Долгоруков çемйи ĕçкунĕ тăрăх 8.980 тенкĕ укçа, 2,6 тонна тырă (ку шутра 1,5 тонна тулă), 2,5 тонна ытла çĕрулми тата ытти продуктсем те илнĕ.

Колхозăн уйрăлми фончĕ те ӳсет. 1951 çулхипе танлаштарсан, вăл 70 процент ытла ӳснĕ. Строительство вăйланса пырать. Кăçал выльăх-чĕрлĕх, кайăк-кĕшĕк витисем çĕнĕрен тăваççĕ.

Килĕшсе, тăрăшса ĕçлеççĕ кунта колхозниксем. Пурин те пĕр шухăш-ĕмĕт: пысăк тухăçлă йĕтĕн туса илмелле. Пĕррехинче колхозниксен пухăвĕнче артель председателĕ А. А. Помазкин çапла каланă:

— Эпир ӳстерекен йĕтĕн сӳсĕнчен темĕн чухлĕ лайăх, илемлĕ пир-авăр туса кăлараççĕ. Пире, йĕтĕн акса тăвакансене, халăх тав тăвать. Çакă вăл пирĕн чуна савăнтарать. Пирĕн тата пысăкрах тухăçлă йĕтĕн ӳстерессишĕн кĕрешмелле,—тенĕ.

Председатель сăмахĕсем колхозниксене хавхалантарнă. Çуркунне ирех кунта хĕрӳллĕ ĕç пуçланнă. Колхозниксем Оршански гидромелиоративнăй станцийĕн тракторисчĕсем пулăшнипе йĕтĕн акма 50 гектар ытла çерем уçнă. Лайăх ĕçлесе тăпрана çемçетсе, кунта лайăх сортлă «стахановец» йĕтĕн вăрлăхĕ акнă. Бригадăсем социализмла ăмăртни, Люльпански МТС-ри Иван Васильевич Сидоренко ертсе пыракан трактор бригадинчи механизаторсемпе туслăн ĕçлени пысăк тухăçлă йĕтĕн ӳстерме май панă.

Колхозра чапа тухнă колхозница Людмила Александровна Кухарева çапла калаçа парать:

— Пирĕн звено кăçал хамăр умма çакăн пек задача лартрĕ: кашни гектартан 5-шер центнер йĕтĕн вăрри тата 6-шар центнер сӳс туса илмелле. Кирлĕ пек ĕçлесе пытăмăр, обязательствăна пурнăçлатпăрах,—тет вăл.

...Каç пулчĕ. Çамрăксем юрă шăрантараççĕ. Ку вăл йĕтĕн пуссинчен ĕç пĕтернĕ хыççăн киле таврăнакансен хаваслă юрри. Акă купăс сасси янрать, колхозра кунсăр пулмасть. Çамрăксем вăхăта хавас ирттереççĕ. Мĕншĕн хаваслланас мар-ха вĕсен, чун савăнать-çке ĕç пĕтернĕ хыççăн!

Пуян та культурăллă пурăнаççĕ колхозниксем. Кашни килте электричество çутти, радио, нумайăшĕн тата радиоприемниксем пур. Колхозăн чаплă клуб пур. Кашни колхозник çемйи хаçатсем, журналсем çыранса илет. Колхозниксем вырăс классикĕсен тата совет писателĕсен произведенийĕсене вулаççĕ.

Колхозниксене куллен ертсе пыраканĕ—вырăнти парторганизаци. Колхоз производствин ответлă участокĕсенче тăхăр коммунист тата 16 комсомолец ĕçлеççĕ. Ĕçре вĕсем малта пыраççĕ, ыттисене лайăх тĕслĕх кăтартаççĕ, тăрăшарах ĕçлеме хавхалантараççĕ. Колхозниксем хушшинче политикăлла-массăлла ĕçе анлăн туса ирттереççĕ. Вĕсене КПСС XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем çинчен каласа ăнлантараççĕ, пĕтĕм тĕнчери лару-тăрупа паллаштараççĕ, партипе правительство ялхуçалăх работникĕсем умне лартнă задачăсем çинчен каласа параççĕ.

**А. КАШНИНОВ,**
**С. ЕГОРОВ.**

## Çитĕнӳ хыççăн çитĕнӳ

Жданов ячĕпе тăракан колхоз ăратлă ĕнесем ĕрчетет. Артель фермине ĕçлекенсен коллективĕ нумай вăхăт хушши ĕнтĕ Мари республикинчи выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекенсем хушшинче малта пырать. Социализмла ăмăртура илнĕ обязательствăсене çине тăрса пурнăçласа пынипе, коллектив çитĕнӳ хыççăн çитĕнӳ тăвать.

Фермăра юрински ăратлă ĕнесем усраççĕ. Ĕнесем лутака, çутă е хура хăмăр тĕслĕ, вĕсен кăкăр айĕсем усăнса тăраççĕ, çурăмĕ тăрăх сарă çинçе йăрăм тăсăлать.

Ираида Николаевна Ботоногова колхозра юрински ăратлă ĕнесем ĕрчетес тĕлĕшпе нумай вăй хунă. Ĕнесенчен сĕт нумайрах суса илессишĕн кĕрешме вăл 1934 çулта тытăннă. «Эра» ятлă ăратлă ĕне малтанхи вăхăтра кашни талăкра вунпилĕк килограмм таран сĕт панă пулсан, тепĕр вицĕ çултан унăн сĕт тухăçлăхне икĕ хут ӳстернĕ. Лайăх пăхса усранипе тата тĕрĕс тăрантарнипе «Эра» ĕне çулталăкне 5 пин килограмм сĕт пама пуçланă. Ытти ĕнесен сĕт тухăçлăхĕ те чылай ӳснĕ.

И. Ботоногова коммунистка тăххăрмĕш çул ĕнтĕ ферма заведующийĕ пулса ĕçлет. Фермăра сăвакан ĕнесем 95 пуç шутланаççĕ, вĕсем сĕт хушсах пыраççĕ. Ферма ĕнесен сĕт тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе республикăра пĕрремĕш вырăн йышăнать. Колхоз çулсеренех ытти артельсене ăратлă ĕне выльăх нумай сутать, вунпилĕк çул хушшинче пурĕ 800 пуç сутнă.

Пăру пăхакан А. Чурикова колхозница фермăра 13 çул ĕçлет. Халĕ вăл утмăл пăру пăхса ӳстерет. Пилĕк уйăхри «Ермак» вăкăр 247 килограмм тайнă, унăн чĕрĕ виçи пĕр уйăхра 57 килограмм хушăннă. Çирĕм икĕ уйăха çитнĕ «Этикетка» пушмак пăру 393 килограмм таять.

* * *

Ĕне фермин çитĕнĕвĕсем пĕчĕк мар, унăн пуласлăхĕ татах та паплă. Паянхи ӳсĕмсене кура, пĕр иккĕленмесĕрех, çапла калас килет: социализмла обязательство — кăçал кашни ĕнерен икĕ пин килограмм сĕт суса илме пулни — чыслăн пурнăçа кĕрет. Социализмла ăмăртура Горно-Марийски район Совечĕн депутачĕ Серафима Ивановна Фирсова доярка малта пырать. Вăл кашни ĕнерен 2.500 килограмм сĕт суса илме сăмах панă, ку таранччен 1.500-шер килограмм суса илнĕ те ĕнтĕ.

Чи нумай сĕт паракан ĕнесене кĕтӳре çӳретмесĕр, витере усраççĕ. «Новость» ĕнен сĕт тухăçлăхĕ пуринчен те пысăк. Талăкра вăл 23 килограмм таран сĕт парать, тăваттăмĕш пăру тунă çул 325 кун хушшинче 4.841 килограмм сĕт панă. «Масса» ĕне—иккĕмĕш пăру амăшĕ. 160 кун хушшинче вăл 3.197 килограмм сĕт панă, талăкри сĕт тухăçлăхне 27 килограма çитернĕ. «Эпоха» ĕне виççĕмĕш пăру тунă çул 204 кун хушшинче 3.460 килограмм сĕт панă. Пĕрремĕш хут пăруланă «Люстра» ĕне талăкра 18 килограмм ытла сĕт парать.

Фермăра ĕнесене зоотехника вĕрентнĕ пек пăхса усраççĕ, тĕрĕс тăрантараççĕ. С. Фирсова доярка «Новость» ĕнене тăрантарни çинчен акă мĕн каласа парать:

— Ешĕл курăк çулса пама пуçличчен «Новость» ĕнене талăкра икĕ килограмм турантă, çавăн чухлех çăнăх, 12 килограмм çĕрулми, 30 килограмм кăшман тата 12 килограмм утă çитертĕм. Ешĕл курăк çитĕнсен, конвейера куçрăмăр. Ĕнесене малтанах ятарласа акнă ыраш, унтан клевер çулса патăмăр, халĕ викăпа хутăш акнă сĕлле çулса паратпăр. Халлĕхе турантă çук пирки, суса илнĕ кашни литр сĕт пуçне икçĕр грамм пăрса çăнăхĕ паратпăр. Выльăхсене тăраничченех шăваратпăр, сулхăн вăхăтра уçăлтарса çӳрететпĕр. Ĕнесене кунне тăватă хут сăватпăр.

Фермăсенчи йывăр ĕçсене механизацилесси колхозра çултан-çул анлăн сарăлса пырать. Кухньăсенче кормозапарниксем, витесенче автопоилкăсем ĕçлеççĕ. Силос тумалли курăка автомашинăсемпе турттараççĕ, трактор вăйĕпе тураççĕ. Николай Кульпин ертсе пыракан бригада утмăл гектар çинче тымарçимĕç çитĕнтерет, силослăх курăксем туса илчĕ. Иртнĕ çул бригада кашни гектартан 300 центнер кăшман пухса кĕртнĕ пулсан, кăçал кăшман тухăçлăхĕ икĕ хут пысăкрах пулать.

Колхозри ферма работникĕсем Козьмодемьянскинчи ăратлă выльăхсем ĕрчетекен хуçалăхри специалистсемпе пĕрле выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерме кирлĕ ĕçсене туса ирттерме палăртнă. Ĕнесене кĕтӳре çӳретмесĕр, витере пăхса усрасине йĕркеленĕ. Выльăхсене çулнă ешĕл курăкпа тăрантарас ĕçе анлăн туса пыраççĕ. Çак тĕллевпе иртнĕ çул ятарласа 12 гектар ыраш акнă.

Колхозра симĕс конвейерпа çапла усă кураççĕ: выльăхсене май уйăхĕнче силос тата калчалăх акса хăварнă ыраш çулса çитереççĕ, июньте — клевер, июльте — малтанхи срокра акнă викăпа сĕлĕ хутăшĕ тата çаран курăкĕ, августра — иккĕмĕш срокра акнă викăпа сĕлĕ хутăшĕ, сентябрьте — виççĕмĕш срокра акнă викăпа сĕлĕ хутăшĕ тата каю курăкĕ, октябрьте—тымарçимĕç, кавăн çулçисем тата силос çитереççĕ.

Колхозăн Атăл тăрăхĕнче 700 гектар улăх пур. Утă пухса кĕртес ĕçе кунта пĕтĕмпех механизациленĕ. Утă кăçал пысăк тухăçлă пулнă, улăхри капансене шутласа та кăларас çук.

Колхозра сысна, сурăх, кайăк-кĕшĕк фермисем те лайăх ĕçлеççĕ. Сурăхсен çăм тухăçлăхĕ, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, 40 процент ӳснĕ. Артель государствăна çак çулшăн çăм памалли плана 86 процент, сĕт-çу памалли плана 95 процент ытла тултарнă.

**А. ЧЕРНОВ.**

## Пысăк тухăçлă тырпулшăн

Сернурски районĕнчи «Чевер Ужара» колхоз вăрман çук вырăнта, çесен хирте ларать. Тăпра кунта тăмлă, хирсем урлă çырмасем, шырлансем çурса касаççĕ, улăхçаран сахал. Апла пулин те ялхуçалăх артелĕн хуçалăхĕ çултан-çулах тĕреклене, тырпул тухăçлăхĕ ӳсет, колхозниксен пурнăçĕ лайăхлансах пырать. Пĕлтĕр, çанталăк лайăхах пулман пулин те, колхоз кашни гектартан 12-шер центнер çурхи тулă, 12,5-шер центнер кĕрхи тулă пухса кĕртнĕ.

Государствăна тырă памалли плана срокчен тултарса, колхоз кашни ĕçкунĕ пуçне 2,5-шер килограмм тĕштырă, 2,5-шер килограмм çĕрулми, пахча çимĕçсем тата ытти продуктсем те панă.

Çакăн пек тухăçлă тырпул туса илме кунта Александра Тупанова бригади нумай пулăшать. Тупанова ертсе пыракан трактор бригади 4-мĕш çул ĕнтĕ колхозра тĕп ĕçсене машинăсемпе туса парать.

* * *

1941 çулта Сернурски МТС директорĕ патне лутрарах, çамрăках мар хĕрарăм пынă.

— Манăн упăшкана Тупанов тракториста фронта илчĕç, эпĕ унăн вырăнĕнче тракторист пулса ĕçлес тетĕп,—тенĕ вăл.

Директор килĕшнĕ. Çапла ĕнтĕ А. Тупанова механизатор пулса ĕçлеме тытăннă.

Тупанова машинăсене часах вĕренсе çитнĕ, ăнăçлă ĕçлеме пуçланă. Вăл МТС-ра малта пыракан трактористсенчен пĕри пулнă. 1942-мĕш çулта ĕç планне ытлашшипех тултарнăшăн вăл Мари АССР Верховнăй Совет Президиумĕн наградине—Хисеп грамотине илме тивĕçлĕ пулнă, 1945-мĕш çулта ăна трактор бригадине ертсе пыма уйăрса лартнă.

Сернурски районĕнчи суйлавçăсем Тупанова юлташа иккĕмĕш хут ĕнтĕ Мари АССР Верховнăй Совет депутатне суйларĕç. Александра Ефимовна—КПСС Мари обкомĕн членĕ.

* * *

Сернурски районĕнче кăçалхи пек сур килнине ваттисем те астумаççĕ. Малтан хĕвеллĕ, ăшă кунсем тăчĕç, вара çумăрсем тапранчĕç, хăш чухне çумăр кунĕ-кунĕпе çуса тăчĕ.

Трактористсем пăшăрханса тăчĕç, вăхăт иртет—ĕç малалла каяймасть. Тупанова чарăнса тăман, вăл тракторсене хире илсе тухма хушнă, çумăр чарăнсанах акма тытăнма каланă.

Механизаторсем бригадир хушнă пек тунă. Çумăр чарăннă вăхăтсемпе усă курса, А. Мамаев, В. Филиппов, Г. Росляков, А. Карачев трактористсем çуртрисене лайăх срокра акса пĕтерне. Вăрлăха имсамланă, хĕреслĕ майпа нумайтарах акнă, пĕрчĕлетнĕ удобренисемпе анлăрах усă курнă.

Ирхи сĕртме тăвас тата сĕртме пуссине кăпкалатса тăрас ĕçсене вăхăтра та пысăк пахалăхпа туса ирттернĕ. Механизаторсем машинăсене техника тĕлĕшпе пĕрмаях лайăх пăхса тăраççĕ, тракторсем пурте кирек-хăçан та ĕçе юрăхлă.

А. Тупановăран вĕренмелли пур. Унăн бригадинче çулленех ĕç тухăçлăхĕ ӳссе пырать. 1951 çулта ĕç планне 122 процент, 1952-мĕш çулта 162 процент тултарнă. Кăçал кашни тракторпа (15 лаша вăйлĕ трактор çине куçарса шутласан) 800 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тума йышăннă.

А. Тупанова ĕçĕнче лайăххи ку çес мар-ха.

— Мĕн чухлĕ ĕç туни çителĕксĕр-ха, чи кирли вăл—пысăк тухăçлă тырпул туса илесси,—тет Тупанова юлташ.

Çавăнпа та вăл трактористсем ĕçе мĕнле тунине пĕрмаях асăрхаса тăрать. Вăл пĕчĕк çитменлĕхсене те кăтартса парать, вĕсене çийĕнчех тӳрлетме тăрăшать.

Ф. Мамаев тракторист «Чевер Ужара» колхозра сĕртме сухи тунă пулнă. Çумăр çума тапратнă. Плугарь тракторист патне, кабинăна куçса ларнă. Кабинăра ларса пынă çĕрте вĕсем иккĕшĕ те плуг ытла ăшăх сухаланине асăрхайман. Кĕçех унта Тупанова пырса çитнĕ.

— Сухалатăр-и мĕн?

— Сухалатпăр.

— Плугарь мĕншĕн кунта кĕрсе ларнă тата?

— Çумăр çăвать-çке-ха, Александра Ефимовна.

— Хăвăршăн тăрăшатăр, тырпул тухăçлăхĕшĕн камăн тăрăшмалла? Плуг тимĕррисем мăкалнă вĕт, халех улăштарас пулать,—тенĕ бригадир.

Участока тепĕр хут сухалама тивнĕ.

А. Тупанова механизаторсен кадрĕсене вĕрентсе хатĕрлеме тимлĕн тăрăшать. Колхоз правленийĕсемпе каласса татăлса, вăл хăй прицепщиксем уйăрса илет. Çу каçиччен прицепщиксем тракторсемпе ĕçлеме хăнăхаççĕ, кĕркунне вара чылайăшĕ механизаторсен курсне вĕренме каяççĕ. Çавăнпа та ĕнтĕ трактористсем ĕçлеме тытăннă çулах нормăна ытлашшипех тултарса ĕçлеççĕ.

«Чевер Ужара» колхоз трактор бригадин ĕçне пысăк хака хурать. Колхозниксем трактористсемшĕн тăрăшаççĕ, ĕçре пулăшаççĕ. Çапла килĕштерсе, туслă ĕçлени чаплă результатсем парать.

Халĕ «Чевер Ужара» хирĕнче пысăк тухăçлă тырпул пухса кĕртеççĕ. Механизаторсемпе колхозниксем, пĕр-пĕринпе тачă сыхăнса ĕçлесе, колхоз хирĕнче вăйлă ыраш, йывăр пучахлă тулă, пурçăн пек йĕтĕн çитĕнтернĕ. Ăнса пулнă тырпула пĕр тăккаламасăр пухса кĕртессишĕн кĕрешеççĕ вĕсем.

**Н. ЕФИМОВ.**

# Участокри агроном

Анна Васильевна Шестовăпа—Ронгински МТС-ĕн участокри агрономĕпе — «У корно» колхозăн пĕр бригадинче тĕл пултăмăр.

Ир. Пилĕк сехет те çитмен-ха. Ял сывăхĕнче урапаллă трактор шурă тĕтĕм кăларса кĕрлесе ларать. Вăл силосорезкăпа курăк вĕтетет. Туранă курăк татăкĕсем сирпĕнсе, силос шăтăкĕн стенисем çумне çапăнса, шăтăк тĕпне ӳксе купаланаççĕ. Унтă колхозник вĕтетнĕ курăка пусăрăнтарса пирчетеççĕ. Курăк тиенĕ лавсем пĕрин хыççăн тепри пырса тăраççĕ. Силосорезка симĕс курăка çийĕнчех вĕтетсе силос шăтăкне тултарать.

Шестова агроном колхоз председателĕпе Петухов юлташпа пĕрле кунтах тăрать. Вĕсем сайра хутра пĕр-пĕринпе хыттăн кăшкăрса сăмахлаççĕ, анчах машина кĕрленине пула вĕсен сăмахĕсене ăнланса илме çук. Хăйсем те ытларах алăсемпе кăтарткаланипе ăнланаççĕ пулас.

Анна Васильевна Эшполдин тракторист еннелле çаврăнса аллине çĕклерĕ те, трактор ĕçлеме чарăнчĕ. Шăп пулчĕ.

— Пăрака парăр,—терĕ агроном.

Автомашина кузовĕ çинче пичкесем хушшинче тăракан колхозница халĕ çеç спирт заводĕнчен тиесе килнĕ пăракана пичкерен витрепе ăсса ыттисене пама пуçларĕ, лешсем пăракана силос шăтăкне тăкма тытăнчĕç.

— Çапла тăвас пулать. Туранă курăка пĕр сий лайăх таптаса пирчĕлетсен, тепĕр сий пăрака ярăр,—терĕ агроном.

Каллех трактор кĕрлеме тапратрĕ, силосорезка курăк вĕтетме тытăнчĕ.

Анна Васильевна Шестова участокне «У илыш», «Радина», Мичурин ячĕпе тăракан, «У корно» колхозсем кĕреççĕ. Кунта сĕр лаптăкĕ 8 пин гектара çитет. Пур сĕре те çитмелле: хире те, улăха та, фермăсене те. Çавăнпа та ĕнтĕ агронома ирхине ирех е каç пулсан кăна колхоз правленийĕсенче тĕл пулма пулать. Ытти чухне вăл ялanах колхозниксем ĕçленĕ сĕрте.

Шестова агроном план тăрăх ĕçлесе пырать. Вăл ыран, тепĕр эрнере хăй мĕн тăвассине малтанах пĕлсе тăрать. Анчах унăн ĕçне планра кăтартса çитерме çук. Хăш чухне вара паян тумалли ĕçе пĕр эрне маларах туса ирттерни палăрать. Анчах тепĕр ĕç кая юлса пыма та пултарать. Вара унта часрах çынсем ытларах уйăрма тивет. Кашни кунах çапла иртет вăхăт.

«У илыш» колхоза каякан çулăн икĕ енĕпе çӳлĕ те çăра тулă лăпкă çил вĕрнипе хумханса ларать.

— Вăйлă тулă,—шухăшлать агроном хăйĕн ăшĕнче.—Икĕ çул каялла çак участок пуринчен начарри шутланнă. Тырпул пăхса ӳстерес ĕçе лайăхлатман пулсан, кăçал та çавнашкалах пулма пултарнă.

Тулă пусси кая юлчĕ, клевер уйĕ пуçланать. Пĕр хĕрринче трактор курăнать, унăн хыçĕнче колхозниксем пыраççĕ. Вĕсем вăрлăхлăх хăварнă клевера пухса кĕртеççĕ. Аякккарах урпа, çĕрулми пуссисем сарăлса выртаççĕ. Мĕн чухлĕ иртсе çӳремен ку таврара агроном, пурне те хăнăхса çитнĕ темелле ĕнтĕ. Анчах апла мар иккен. Хирсен сăн-сăпачĕ улшăнсах тăрать.

«У илыш» колхозра А. Шестова çулсăллă апата мĕнле усранине тĕрĕслерĕ. Фермăсене кĕрсе çӳрерĕ, силос хывакансем патне пырса канаш парса хăварчĕ, унтан тепĕр бригадăна, комбайнпа ĕçленĕ сĕре, кайрĕ.

Шестова Козьмодемьянскри ялхуçалăх техникумĕнчен вĕренсе тухнăранпа 4 çул иртнĕ. Малтанах ăна районти ялхуçалăх пайĕн аппаратĕнче ĕçлеме хăварнă. Ялта çуралса ӳснĕскер, вăл çамрăкранпах сĕр ĕçне юратнă. Унăн хăйĕн пĕлĕвне сăнама хире каяс килнĕ. Участокри агроном пулса ĕçлеме яма ыйтнă вăл.

Участокра ĕçлеме тытăнсанах, малтан вăл мĕнрен тытăнмаллине тавçăрайман. Пĕр колхозра уй-хир ĕçĕсем йĕркеллĕ пыраççĕ, анчах выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç кая юлса пырать, тепринче—фермăсенче ĕç лайăх, тырпул туса илес ĕç япăх. Участокра пĕр колхоз та малта пыракансен шутĕнче пулман. Пуринче те ытларах çитменлĕхсем палăрнă.

Кашни колхозпа тĕплĕн паллашса çитсен, Анна Васильевна ĕçе тытăнать. Вăрлăхсене тасатса сортлассине, тислĕк пухса хире кăларассине организацилет, колхозниксене пĕрчĕлетнĕ удобренисем хатĕрлеме вĕрентет, вăрлăхсене лаборатоpие тĕрĕслеме леçтерет. Ĕçленĕçемĕн ĕç нумайланса пырать.

Мĕн тума шухăшлани пурте пулса пырать теме çук, анчах улшăну кумай. Вăрлăхсене кондицие çитерсе акма пуçланă, унччен ку йăла пулман. Тислĕке пĕтĕмпех хире кăларма пуçланă, пĕрчĕлетнĕ удобренисем те çителĕклĕ. Кĕрхи тырă калчисене апат пама тапратнă. Кирлĕ инвентарь пĕрмаях хатĕр, çителĕклĕ.

Кулленхи ĕçсене туса пынă вăхăтрах, агроном малашнехи ĕçсене те манса тăман. Колхозсен улăх-çаран сахал. Çулленех выльăх апачĕ çитменнине пула, обществăлла выльăх-чĕрлĕхĕн тухăçлăхĕ ӳсни палăрмасть. Агроном колхоз руководителĕсемпе нумай çул ӳсекен курăксем акма кирли çинчен, тымарçимĕçсем, силос культурисем ытларах акса тăвасси çинчен калаçать, çав ĕçсен пĕлтерĕшне лайăх ăнлантарса парать. Çав ĕçсене организацилеме пулăшать.

«Родина» колхозăн акмалли сĕрĕсем йӳçек, тăпрана известлесе лайăхлатмалла. Колхоз председателĕ вара уй çинчен хăлхана та чикесшĕн пулман. Унпа чылай сăмахлама килнĕ, районта та каласнă. Кун хыççăн тин вара çак ĕçе тытăннă.

Пур колхозсенче те хире тислĕк кăларас ĕç япăх пулнă. Тислĕк çителĕклĕ пулман, пуррине те пĕтĕмĕшпех уя кăларман. Колхозсенче минераллă удобренисемпе пачах интересленмен. Вырăнти удобренисене пĕтĕмĕшпех хире кăлармалли, кĕл пухмалли майсем тупмалла пулнă. Минераллă удобренисене тăпрана мĕн чухлĕ тата хăçан хывмалли майсемпе паллаштармалла пулнă.

Пĕр çул иртсенех ялхуçалăх артелĕсенче ĕç лайăхланса улшăнни палăрнă. «У илыш» колхозра тырпул тухăçлăхĕ гектар пуçне—2 центнер, «У корно» колхозра 1,5 центнер ӳснĕ. Пуринчен ытларах тырă тухăçлăхĕ пĕрчĕлетнĕ удобренисем хывнă участоксем çинче ӳсни паллă пулнă. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе те пысăк улшăнусем курăннă. Выльăх апачĕ тумалли культурăсене нумайрах акни выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ӳстерме пулăшнă.

Кăçалтан пуçласа спирт завочĕсен каяшĕсемпе усă курма тытăннă. Çакă ĕнтĕ колхозсене выльăх-чĕрлĕх валли темиçе çĕр тонна лайăх апат хатĕрлеме май парать.

Анчах колхозсене пурне те кăтартуллă хуçалăх тăвас шутпа нумай ĕçлемелле-ха. Нумай çул ӳсекен курăксем акса тумалли пусă çаврăнăшне «У илыш» колхозра анчах йĕркелесе çитернĕ, ыттисем килес çул тин йĕркелесе çитереççĕ. Кунсăрăн хуçалăхра паллă улшăну тума çук, çапах ĕçе пуçланă, никĕсне хывнă. Колхозниксем хăйсен обществăлла хуçалăхĕ аталанса ӳссе пырасси хăйсенчен килнине, сĕрĕç культурине ӳстернинчен килнине лайăх пĕлеççĕ. Вĕсем халĕ шанчăклăн, хăйсен савăнăçне пытармасăр, уççăн çапла калаççĕ:

—Çитес çултах эпир кашни гектартан 17—20 центнертан кая мар тырпул туса илекен пулатпăр,—теççĕ.

**В. ДЕМЧЕНКОВ,**
«Марийская правда» хаçатăн корреспонденчĕ.

# ООН Генеральнăй Ассамблейин 7-мĕш сессийĕнче

НЬЮ-ЙОРК, августăн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Корея ыйтăвĕ çинчен малалла сӳтсе явма ООН-ăн Генеральнăй Ассамблейи пухăннă.

Генеральнăй Ассамблейăн пĕрлехи ларăвне уçса, çиччĕмĕш сесси председателĕ Пирсон хăйĕн кĕске сăмахĕнче çапла каланă: перемири çинчен килĕшӳ тунă май «эпир халĕ мирпе реконструкци ĕçĕн тепĕр тапхăрне кӳçма пултаратпăр». Вăрçă ĕçĕсем чарăннăшăн, тенĕ вăл, сесси делегачĕсем пĕтĕм тĕнчери халăхсемпе пĕрле кăмăллă пулчĕç. Пирсон делегатсене Корейăра тунă перемирирен мир туса хума чĕннĕ.

Генеральнăй Ассамблея, тенĕ малалла Пирсон, «хирĕçӳсем сахал пулнă, килĕшӳ пе ырă ирĕк пысăк пулнă» условисенче политикăлла конференци валли кирлĕ условисем хатĕрлеме пултарать. Генеральнăй Ассамблейăн «Корея ыйтăвне мирлĕ майпа йĕркелемелли ыйтусен тупсăмне сӳтсе явмалла мар, çакăн пек йĕркелеме кирлĕ аппарат кăна туса хума» кирлине кăтартса, Пирсон юлашкинчен çапла каланă: хирĕç калакансем çук пулсан, эпĕ Политикăлла комитетăн председательне çак ыйтăва августăн 18-мĕшĕнче ирхине сӳтсе явма пуçлас тĕлĕшпе комитет ларăвне пухма ыйтăттăм.

Хирĕç калакансем пулман пирки юлашкинчен Пирсон хăйĕн сĕнĕвне йышăнни çинчен пĕлтерет. Çавăнпа ООН Генеральнăй Ассамблейин пĕрлехи ларăвĕ хупăнать.

## ООН Генеральнăй Ассамблейин Политикăлла комитетĕнче

НЬЮ-ЙОРК, августăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Августăн 18-мĕшĕнчи ирхи ларура ООН Генеральнăй Ассамблейин Политикăлла комитечĕ Корейăра перемири çинчен тунă килĕшӳре перемири çинчен алă пуснă хыççăн 90 кун хушшинче Корея ыйтăвне мирлĕ майпа йĕркелес тĕлĕшпе политикăлла конференци ирттересси çинчен панă сĕнӳсене пăхса тухма тытăннă.

Политикăлла комитет председателĕ Муниз ларăва уçса: Корейăра вăрçă ĕçĕсем чарăнса ларнă хыççăн пĕр-пĕринпе туслăн килĕштерне никĕс çинче ыйтăва нумай вăхăтлăха йĕркелесе яма май парĕ, тесе шанса каланă. Вăл ыйтăва мирлĕ майпа йĕркелес çул çинче тăракан чăрмавсене пĕтерес тĕлĕшпе политикăлла комитета пĕтĕм вăя хурса ĕçлеме чĕннĕ. Чылайăшĕ çапла шутлассĕ пулмалла, тенĕ Муниз, пулас конференци кун йĕрки çинчен тăракан ыйтăва конференцин хăйĕн татса памалла, Политикăлла комитетăн унăн составĕ çинчен тăракан ыйту тĕлĕшпе ĕçлемелле.

Муниз комитета конференци составĕ çинчен тăракан ыйтăва сӳтсе явма сĕннĕ. Вăл çапла каланă: ку тĕлĕшпе халех ĕнтĕ виçĕ проект тăратнă, çавăн пекех Совет Союзĕ тăратнă проект та пур, ăна часах валеçсе паратпăр, тенĕ.

Совет делегачĕ А. Я. Вышинский çак ыйтăва сӳтсе явас ĕçе хутшăнма Демократиллĕ Корея Халăх Республикин представителĕсемпе Китай Халăх Республикин представителĕсене чĕнме сĕннĕ.

Америка представителĕ Лодж совет делегачĕн сĕнĕвне хирĕç пулнă. Çак ыйтăва сӳтсе явнă хыççăн, комитет Çурçĕр Корея представителĕсене чĕнесси çинчен панă сĕнĕве 34 сасăпа сирсе янă. 18 делегаци çак сĕнӳшĕн сасăланă, 7 делегаци нихăш майлă та сасăламан. Китай Халăх Республикин представителĕсене чĕнесси çинчен панă сĕнĕве те 34 сасăпа сирсе янă. Çак сĕнӳ майлă 14 сасă пулнă, 9 делегаци нихăш майлă та сасăламан.

### КОРЕЯ ЫЙТАВĔ ТĂРĂХ ИРТТЕРМЕЛЛИ ПОЛИТИКĂЛЛА КОНФЕРЕНЦИЕ ХУТШĂНАКАН ÇĔРШЫВСЕН СОСТАВĔ ÇИНЧЕН СОВЕТ СОЮЗĔ ТĂРАТНĂ РЕЗОЛЮЦИ ПРОЕКЧĔ

НЬЮ-ЙОРК, августăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Августăн 18-мĕшĕнче Совет Союзĕн делегацийĕ Корея ыйтăвĕ тăрăх ирттермелли Политикăлла конференцие хутшăнакан çĕршывсен составĕ çинчен Политикăлла комитета çакăн пек резолюци тăратнă: «Политикăлла конференцие ăнăçлă ĕçлеме лайăх услови туса пама кирлĕ тесе шутласа, Генеральнăй Ассамблея Корея ыйтăвĕ тăрăх ирттерекен Политикăлла конференцие çак çĕршывсене пухма сĕнет: Пĕрлешӳллĕ Штатсем, Англи, Франци, Совет Союзĕ, Китай Халăх Республики, Инди, Польша, Швеци, Бирма, Демократиллĕ Корея Халăх Республики тата Кăнтăр Корея. Кунта çакна асра тытнă: перемири çинчен тунă килĕшӳ çине алă пуснă енĕсем килĕшсен кăна, конференци решенийĕсене йышăннă тесе шутламалла».

## Данире совет заказĕсем тăрăх тунă пăрахута Совет Союзне панă

КОПЕНГАГЕН, августăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер «Бурмейстер ог Вайн» суднверфĕнче Данипе Совет Союзĕ хушшинчи суту-илӳ килĕшĕвĕ тăрăх тунă рефрижератора Совет Союзне панă.

16 сехет те 30 минутра Дани ялавне антарса Совет Союзĕн ялавне çĕкленĕ. «Бурмейстер ог Вайн» директорĕ Барфод тата Совет Союзĕн Данири суту-илӳ представителĕ Степанов юлташ сăмах каланă.

Кун хыççăн йышăну пулнă. Йышăнура Совет Союзĕн Данири посланникĕ И. С. Ветров, Совет Союзĕн Данири суту-илӳ представителĕ Степанов юлташ, «Бурмейстер ог Вайн» фирмăн директорĕ, верфьре ĕçлекен инженерсемпе техниксен тата рабочисен представителĕсем пулнă.

«Бурмейстер ог Вайн» фирмăн директорĕ хăйĕн сăмахĕнче фирма пăрахутсем тума çĕнĕ заказсем илессе шанса тăни çинчен каланă. Ватă рабочисенчен пĕри Совет Союзĕнчи суту-илӳ организацийĕсене тав тунă. Вĕсем, тенĕ вăл, çĕршер ĕççыннисене ĕç пачĕç.

## Эрнст Тельмана фашистсем тискеррĕн вĕлернĕренпе 9 çул тултарни

БЕРЛИН, августăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Августăн 18-мĕшĕнче нимĕç ĕççыннисем нимĕç рабочи класĕн çулпуçне Эрнст Тельмана гитлерла палачсем тискеррĕн вĕлернĕренпе 9 çул çитнине паллă тунă.

Веймар çывăхĕнче, гитлерла концентрационнăй лагерь пулнă Бухенвальд районĕнче, Эрнст Тельмана асăннă ятпа ĕççыннисен хурлăхлă-чаплă митингĕ пулса иртнĕ. Митинг вăхăтĕнче Эрнст Тельмана вĕлернĕ вырăнта вырнаçтарса лартнă мемориальнăй хăмана уçнă. Мемориальнăй хăма çине çапла çырса хунă: «Нимĕç халăхĕн аслă ывăлне, нимĕç рабочи класĕн çулпуçне, çак вырăнта фашистсем 1944 çулхи августăн 18-мĕшĕнче вĕлернĕ Эрнст Тельмана ĕмĕр мухтав».

Митингра Германири Социалистсен пĕрлĕхлĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Пауль Вандель сăмах туха каланă.

## Корея халăхĕ отечественнăй вăрçăра çĕнтерни ятпа

ПХЕНЬЯН, августăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Корейăри тĕп телеграф агентстви Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Верховнăй Халăх пухăвĕн президиумĕ Корея халăхĕ отечественнăй вăрçăра çĕнтерни ятпа монумент тăвасси çинчен кăларнă Указ çинчен пĕлтерет. Хăйĕн тăван çĕршывĕн ирĕклĕхĕпе никама пăхăнманлăхне паттăррăн хӳтĕлесе хăварнă Корея халăхĕн çĕнтерĕвне ĕмĕр асăнмалла тăвас тĕллевпе, тенĕ указра, Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Верховнăй Халăх пухăвĕн президиумĕ отечественнăй вăрçăра çĕнтерни ятпа Пхеньянра монумент лартма йышăнать.

Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Верховнăй Халăх пухăвĕн президиумĕ çавăн пекех тата Пхеньянра Китай халăх добровольцĕсен çапăçури паттăр ĕçĕсен ячĕпе монумент лартма йышăннă.

Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Верховнăй Халăх пухăвĕн президиумĕ кăларнă указ тăрăх, ирĕклĕхшĕн пынă отечественнăй вăрçăна хутшăннишĕн ятлă медаль кăлармалла тунă.

## Корейăри перемири пирки

ПЕКИН, августăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран çапла пĕлтерет:

Августăн 17-мĕшĕччен Çурçĕр Корейăри малтан палăртса хунă пилĕк вырăна нейтральнăй государствăсен инспекци енĕпе ĕçлекен пилĕк ушкăнăн малтанхи представителĕсем пырса çитнĕ.

Палăртса хунă пилĕк вырăнта кашнинчех Корея Халăх çарĕн главнăй командованийĕ тата Китай халăх добровольцĕсен штабĕ çыхăну бюровĕ туса хунă. Бюро перемири çинчен тунă килĕшĕве пурнăçланине тĕрĕслесе тăрать. Çак килĕшӳ тăрăх, Корейăна çарсем илсе пыма чарнă. Бюро инспекци ушкăнĕсемпе çыхăну тытса ĕçлет. Вăл ушкăнсем пăрахутсем чарăнакан вырăнта перемири çинчен тунă килĕшĕве пурнăçланине тĕрĕслесе тăраççĕ. Вĕсен çавăн пекех инспекци ушкăнĕсемшĕн хăрушсăрлăх туса хумалла, çак ушкăнсен членĕсен кулленхи ыйтăвĕсене тивĕçтерсе пырас ыйтăва татса памалла.

Перемири мĕнле пынине тĕрĕслесе тăма нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрнă комиссин инспекци енĕпе ĕçлекен ушкăнĕсене хăйсен тивĕçлĕ вырăнĕсене августăн 12-мĕшĕнче кăларса ямалла пулнă. Анчах та Америка енĕ Кăнтăр Корейăри вырăнсенче хатĕрленсе çитмен тесе пĕлтерни пирки, августăн 12-мĕшĕнче Кăнтăр Корейăна çак ушкăнсен малтанхи представителĕсем кăна тухса кайнă.

Америка енĕ августăн 14-мĕшĕнче каллех: хатĕрленсе çитмен-ха, тесе пĕлтернĕ. Çакна май инспекци ушкăнĕсен ытти представителĕсен августăн 20-мĕшĕнче кăна тухса каймалла пулать. Унччен августăн 15-мĕшĕнче тухса каймалла тенĕ пулнă. Çапла ĕнтĕ, Америка чăрмантарса тăнипе инспекци ушкăнĕсем вырăна тухса каясси вăраха юлса пырать.

### ГРЕЦИРИ ХĔРЛĔ ХĔРЕС ПУЛĂШУ ПАНĂШĂН ТАВ ТĂВАТЬ

ССР Союзĕн Хĕрлĕ Хĕреспе Хĕрлĕ Çуруйăх обществисен союзĕн исполнительнăй комитечĕн президиумĕ совет общественноçĕ ячĕпе çĕр чĕтренинчен инкек курнă Греци халăхне чĕререн хĕрхенсе каланă тата Грецири Хĕрлĕ Хĕресĕн исполнительнăй комитетне, çĕр чĕтренинчен сиен курнă халăха пулăшма, 250 пин тенкĕ укçа ярса панă.

Августăн 19-мĕшĕнче ССР Союзĕн Хĕрлĕ Хĕреспе Хĕрлĕ Çуруйăх обществисен союзĕн исполкомĕ Грецири Хĕрлĕ Хĕресрен çакăн пек телеграмма илнĕ:

Эсир çĕр чĕтренĕ пирки куляноа каланăшăн чĕререн хумханатпăр, хаклă пулăшу панăшăн Сире тав тăватпăр.

Грецири Хĕрлĕ Хĕрес.

# Франципе забастовка малалла пырать

ПАРИЖ, августăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Юлашки икĕ кун хушшинче правительствăпа «Форс увриер» тата христианла ĕççыннисен конфедерацийĕн руководителĕсем хушшинче пынă калаçу путланса ларнă.

Демократиллĕ хаçатсем çакна палăртаççĕ: сылтăм профсоюзсен лидерĕсемпе правительство забастовка тăвакан рабочисен пĕрлĕхне хавшатас тĕлĕшпе ирттерекен калаçусем путланса ларни вăл хăйĕн прависемшĕн кĕрешекен рабочи класăн паттăрлăхне кăтартать.

Ĕнер правительство пуçлăхĕ Ланьель радио тăрăх сăмах тухса каланă. Çак сăмаха Парижри хаçатсем чылайăшĕ ультиматум вырăнне хураççĕ. Уйрăммăн илсен Ланьель: «Эпĕ пурне те забастовкăна ыран августăн 18-мĕшĕнче чарса лартма хушатăп... Правительство халĕ ĕнтĕ хăйĕн татăклă çул-йĕрне палăртрĕ. Кам ĕçе тытăнмасть, вĕсемпе малашне нимĕнле калаçу та пулмасть», тенĕ.

«Юманите» хаçат çапла çырать: «Çакăн пек юнани кĕрешекен ĕççыннисене хăратмасть. Ланьель хăратма шутлать пулсан, вăл йăнăшать».

Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, премьер-министр Ланьель халех ĕçе тытăнма хушни забастовкăна вăйсăрлатма мар, пушшех вăйлатма кăна пулăшнă. Паянхи хаçатсенче пĕлтернĕ тăрăх, кĕрешӳ çĕнĕ хăватпа вăйланса пырать. Почта, телеграф, телефон работникĕсен забастовки икĕ эрне пырать ĕнтĕ. Парижра тата Францин ытти пысăк хулисенче кашни кун забастовка тăвакан почта работникĕсен массăллă пухăвĕсем пулса иртеççĕ. Забастовка тăвакансем хăйсен ыйтăвĕсене тивĕçтеричченех ĕçлеме тытăнас çукки çинчен пĕлтереççĕ. Çĕршывра пур çĕрте те почтăсемпе телеграфсем ĕçлемеççĕ. Хаçатсем забастовка тăвакан почта работникĕсене 5 çынна суд туни çинчен пĕлтереççĕ. Вĕсем ĕçе вăйпа мобилизацилесси çинчен кăларнă приказа пăхăнман. Рабочисене суд туни пĕтĕм халăха тарăхтарать.

Чугун çул работникĕсен пĕтĕмĕшле забастовки халиччен пекех вăйлăн пырать. Демократиллĕ ушкăнсенче каланă тăрăх, штрейкбрехерсем пулăшнипе Францири чугун çулсем çинче ĕçлекен 15 пин поездран 20 поезда яхăн çӳреме пуçланă. Парижри вокзалсем чылайăшĕ халиччен пекех хупă тăраççĕ. Пĕтĕм Францири ĕçлев конфедерацийĕ чугун çул работникĕсем хушшинчи пĕрлĕхе тĕреклетессишĕн кĕрешет.

«Юманите» хаçат паян Пĕтĕм Францири ĕçлев конфедерацине кĕрекен чугун çул работникĕсен федерацийĕ «Форс увриера», христианла ĕççыннисен конфедерацине тата автономиллĕ профсоюзсене чĕнсе каланине пичетлесе кăларнă. Унта кĕрешĕвĕн пĕтĕмĕшле программине туса хатĕрлеме чугун çул работникĕсен мĕнпур федерацийĕсен представителĕсен пĕрлехи канашлăвне ирттерме сĕннĕ.

Газ завочĕсемпе электростанцисенче ĕçлекен рабочисен забастовки çĕнĕ тапхăра кӳçнă. Париж районĕнчи газ завочĕсене, çавăн пекех Витри, Исси-ле-Мулино, Женьвилье, Сент-Уэне, Сен-Дени тата Иври хулисенчи электростанцисене августăн 15-мĕшĕнче çарсемпе полицисем йышăннă. Вĕсем заводсемпе электростанцисене ĕçлеттерме тăрăшаççĕ. Забастовка тăвакан рабочисем хăрушсăрлăх тăвас тĕлĕшпе ĕçлеме ятарласа уйăрнă дежурнăй бригадăсене çав предприятисенчен кăларса янă.

Металлурги промышленноçĕнчи забастовка вăйланса пырать. Париж районĕнчи нумай пысăк предприятисенче ĕçлекен рабочисем забастовка тăваççĕ. Марсель, Денен хулисенчи нумай предприятисенче, çавăн пекех Шербур, Тарб, Нанси тата ытти хуласенчи нумай заводсенче ĕçлекен рабочисем пурте забастовкăна хутшăннă.

Пир-авăр предприятийĕсенче ĕçлекен рабочисем те забастовкăна хутшăннă. Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Рубэ-Туркуэн районĕнчи 40 пир-авăр фабрикинче рабочисем ĕçе чарса лартнă.

Шербур, Ренн, Тарб, Тулон, Брест, Лимож тата ытти хуласенчи строительство рабочийĕсем, çар арсеналĕсенче ĕçлекен рабочисем забастовка тăваççĕ. Францири 79 пысăк хулара коммунальнăй учрежденисемпе предприятисенче ĕçлекен рабочисемпе сывлăх органĕсенче ĕçлекен служащисем забастовка тăваççĕ.

# Иранри лару-тăру

ТЕГЕРАН, августăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Тегеранра халăх Бахаристан, Тупхане, Ракеа-хан площачĕсенче, шах-Реза урамĕнче тата хула паркĕнче Реза-шах тата Мохаммед Реза Пехлеви памятникĕсене çĕмĕрсе тăкнă. Шах-Реза урамĕнче çуртсем çине: «Янкисем, килĕрсене тухса кайăр!», «Сывă пултăр халăх!» тесе çырса хунă.

«Кейхан» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, августăн 17-мĕшĕнче кăнтăрла Пехлеви тата Решт хулисенче вăрçă чухнехи пек йĕрке туса хунă.

Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, августăн 16-мĕшĕнче тата 17-мĕшĕнче «Трумэн программин тăваттăмĕш пунктне» пурнăçлас тĕлĕшпе ĕçлекен Америкăн Иранри администрацийĕн пĕр учрежденийĕ те ĕçлемен, вĕсене салтаксемпе полицейскисем хуралласа тăраççĕ.

Çав хаçат пĕлтернĕ тăрăхах, правительство хушнипе шах çурчĕсене полици сыхласа тăрать.

Салатса янă меджлис депутатне Хаери-Задене ирĕке кăларнă.

ТЕГЕРАН, августăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Тегеранри радиостанцие шах майлă тăракан çар çыннисем ярса илнĕ. Кăнтăрла радиостанци генерал Захеди чĕнсе каланине панă. Вăл çĕршыври влаçа хăйĕн аллине илни çинчен пĕлтерет.

Каçхине Тегеранри радио çапла пĕлтернĕ: премьер-министр Мосаддык ертсе пыракан правительство членĕсене арестленĕ, Тегеранра 20 сехетрен пуçласа ирхине 5 сехетчен урамсем тăрăх çӳреме чарнă.

Тегеранри радио каланă тăрăх, Мосаддык хăйĕн çуртĕнчен тухса тарнă пулать.

ПАРИЖ, августăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Тегеранран илнĕ пĕр-пĕрне хирĕçле хыпарсем тăрăх, шах майлă тăракан генерал Захеди ертсе пыракан çар çыннисем паян правительствăн чылай çурчĕсене тата Тегеранри радиостанцие туртса илнĕ. Кăнтăрла икĕ сехетре çак радиостанци: Мосаддык правительствине вырăнтан кăларнă, ют çĕршыв ĕçĕсен министрне Фатемие шах майлă тăракансем вĕлернĕ, тесе пĕлтернĕ. Савăн пекех радио: юлашки кунсенче Кăнтăр Иранри сăртсем хушшинче пытанса пурăннă генерал Захеди Тегерана пырса çитнĕ, тесе пĕлтернĕ.

Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, шах майлă тăракан темиçе çĕр çын ирхине ирех правительство хаçачĕсен çурчĕсене çĕмĕрме тытăннă. Полици тата çар вĕсене чарман, мĕншĕн тесен, корреспондент каланă тăрăх, Тегеран гарнизонĕн штаб начальникĕ, Тегеран çар губернаторĕ тата полици управленийĕн начальникĕ Мосаддык правительствине пăрахса тепĕр енне куçса ӳкнĕ.

Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, Тегеранра Мосаддык çурчĕ патĕнче вăйлă çапăçусем пыраççĕ. Мосаддык çуртне правительство майлă тăракан çарти темиçе çĕр салтак хӳтĕлет.

ЛОНДОН, августăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчĕ каçхине Тегеранран çапла пĕлтернĕ: шах майлă тăракан полицейскисемпе салтаксем Тегеран хули варринче полицин тĕп управленийĕн çуртне ярса илме хăтланаççĕ, вĕсем Мосаддык майлă тăракан çарсемпе полицейскисене хирĕç çапăçаççĕ.

# Мароккăри ĕçсем

ПАРИЖ, августăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Франци хаçачĕсем пĕлтернĕ тăрăх, Мароккăра политикăлла лару-тăру йывăрланса пырать. Мароккăри колони влаçĕсем майлă тăракан пĕр паша—Эль-Глаун Сиди Мохаммед бен Юсеф султана халех вырăнтан кăларассишĕн тăрать. Халăха улталас шутпа буржуалла хаçатсем: Эль-Глаун майлă пысăк вăйсем тăраççĕ, султана вырăнтан кăларас тĕлĕшпе Франци унпа килĕшмест пулсан, Мароккăра граждан вăрçи пуçланать, тесе суя хыпар сараççĕ.

Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Марокко хальхи вăхăтра, тĕрĕссипе илсен, пĕр-пĕрне хирĕçле икĕ лагере уйрăлса тăрать: пĕрисем — султан майлă, теприсем—Эль-Глаун майлă. Чылай хуласенче тытăçусем пулса иртеççĕ. Вилнисемпе аманнисем пур.

Францин колони влаçĕсем çĕршывра осаднăй йĕрке туса хунă. Мароккăран пĕлтерекен пур хыпарсене те тĕплĕн тĕрĕслесе тăраççĕ.

«Мароккăри кризис», — тесе çырать «Фигаро» хаçат,—ĕçе татса паракан тапхăра кĕчĕ. Икĕ султанăк хушши чăрмавсем туса пынă хыççăн решени йышăнма кирлĕ самант çитсе тăчĕ. Ĕçсем çавăн пек тума хушаççĕ. Вĕсем çав тери пысăк. Францин Мароккăри ответлă деятелĕсем текех нимĕн чухлĕ те тăхтаса тăма пултараймаççĕ».

Юлашки кунсенче Франци правительстви Марокко ыйтăвне çине тăрса сӳтсе явать. Рабат хулинчен Парижа генеральнăй резидент генерал Гийома тата ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕн кабинет начальникне Жорж Бидо чĕнсе илнĕ. Ĕнер правительство пуçлăхĕ Ланьель тата ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Жорж Бидо республика президенчĕ Венсан Ориоль патĕнче пулнă, вĕсем çак ыйту пирки калаçнă.

Мароккăран килсе тăракан хыпарсем тăрăх, Эль-Глаун тĕрлĕ маневрсем тăвать, берберсенчен хĕçпăшаллă утлă çар пухать, хаçатсенче султана хирĕç кампани туса пырать, халăх хушшинче султана хирĕçле листовкăсем сарать.

«Çак пăлхава кам организациленĕ тата кам хавхалантарнă?—ыйтать «Франтирер» хаçат.—Çакна ăнланас тесен колонизаторсен хаçачĕсене вуласа пăхни кăна кирлĕ. Эль-Глаун мĕнле майпа осаднăй йĕрке тунă çĕршыв тăрăх ирĕккĕн çӳреме пултарнă? Султана хирĕç тăракан каидсене пухăнма кам ирĕк панă? Сăмах чăн-чăн кавар çинчен пырать».

«Юманите» хаçат çапла пĕлтерет: Мароккăри коммунистсен партийĕ Франци империалисчĕсен хĕçпăшалĕ пулса тăракан Эль-Глаун ĕçĕсене сивлет.

Эль-Глаун ĕçĕсене араб çĕршывĕсен лиги хирĕç тăрать. Араб çĕршывĕсен тата Азири çĕршывсен ушкăнĕсем Мароккăри ĕçе ООН-ăн хутшăнас пулать, теççĕ.

*Спорт хыпарĕсем*

## Велосипедистсен республикăри ăмăртăвĕ

Шупашкарпа Етĕрне хушшинчи çул çинче велосипед спорчĕ енĕпе республикăра мала тухассишĕн ăмăрту пулса иртрĕ. Ăмăртăва саккăр спорт общества тата тăхăр район командисем хутшăнчĕç.

50 километр чупмалли ăмăртăва 44 çын хутшăнчĕ. Малтанхи вăхăтра Çĕмĕрле велосипедисчĕ П. Бакараев малта пычĕ. Велосипед ваннипе вăл кая юлчĕ. Ун хыççăн Г. Дубровин динамовец, Чкаловски районĕнчи И. Саффин, «Красная звезда» спорт обществин членĕ В. Васильев малта пычĕç. Юлашки 100 метрта Г. Дубровин кăштах мала тухса финиш патне чи малтан çитрĕ. Унăн вăхăчĕ 1 сехет те 40 минут та 22 секунд.

Хĕрарăмсенчен, 20 километра 42 минут та 29 секундра чи малтан чупса тухса, Г. Ильина («Динамо») пĕрремĕш вырăн йышăнчĕ. Иккĕмĕш вырăнта—Шупашкар районĕнчи фельдшерица Т. Порфирьева, виççĕмĕш вырăнта—Шупашкарти пир-авăр фабрикинчи ткачиха Л. Полякова.

Иккĕмĕш кунне ăмăрту йывăр дистанцие хăвăрт чупса тухас тĕлĕшпе пулчĕ. Арçынсенчен, 20 километра 44 минут та 28 секундра чупса тухса, Çĕмĕрле районĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз членĕ П. Бакараев пĕрремĕш вырăн йышăнчĕ. Иккĕмĕш вырăна сав район представителех В. Васильев, виççĕмĕш вырăна спортсмен Б. Крупин («Энергия») йышăнчĕç.

Хĕрарăмсенчен 10 километра Г. Ильина чи малтан чупса тухрĕ. Иккĕмĕш вырăнта Т. Порфирьева, виççĕмĕш вырăнта—Етĕрне районĕнчи З. Левина.

Икĕ кун ăмăртнă хыççăн малти вырăна «Колхозник» спорт обществин команди, иккĕмĕш вырăна «Спартак», виççĕмĕш вырăна «Энергия» спорт обществин командисем йышăнчĕç.

Районсен командисем хушшинче Шупашкар районĕн команди мала тухрĕ, иккĕмĕш вырăнта — Чкаловски районĕн команди. 3—4—5-мĕш вырăнсене Сĕнтĕр, Куславкка, Элĕк районĕсен командисем пайларĕç.

Я. ОСИПОВ.

## Профсовет парнине илессишĕн

Шупашкарта Чăвашоблпрофсовет парнине илессишĕн шывра ишекенсен республикăри ăмăртăвĕ пулса иртрĕ. Ăмăртăва профсоюз организацийĕсенчен 74 çын хутшăнчĕ.

Ирĕклĕ стильпе 100 метр ишсе, «Искра» спорт обществин членĕ Харитонов (Комсомольски районĕ) лайăх тĕслĕх кăтартрĕ. Çак дистанцие вăл 1 минут та 12,2 секундра ишсе тухрĕ, республикăра çĕнĕ рекорд турĕ. Çавăн пекех вăл 6 минут та 09 секундра 400 метр ишсе тухса республикăри халиччен рекорда çĕнетсе лайăхлатрĕ.

Арçынсен команди эстафетăллă 4×100 метр ишсе республикăра çĕнĕ рекорд турĕ. Çак дистанцие «Искра» спорт обществин арçынсен команди 5 минут та 7,3 секундра ишсе тухрĕ.

Ирĕклĕ стильпе 200 метр хăвăрт ишсе тухас тĕлĕшпе «Спартак» спорт обществин членĕ Кирюшина лайăх тĕслĕх кăтартрĕ. Çак дистанцие 3 минут та 21,4 секундра ишсе тухса 1939 çулта Л. Николаева тунă рекорда чылай лайăхлатрĕ.

Командăсенчен спорт обществисем енĕпе «Искра» команди пĕрремĕш вырăна тухрĕ. Иккĕмĕш вырăнта «Знамя», виççĕмĕш вырăнта «Медик» спорт обществисем.

Профсоюз обкомĕсем енĕпе малти вырăна медицина работникĕсен профсоюз обкомĕн команди йышăнчĕ. Физкультурăпа спорт обществисен пуçламăш коллективĕсенчен Шупашкарти атă-пушмак çĕлекен «Индпошив» мастерскойĕн коллективĕ мала тухрĕ.

К. НИКИШОВ.

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАÇАТРА

Демократиллĕ Германи Республикин делегацийĕ килнĕ май («Правда» хаçатăн августăн 20-мĕшĕнчи умстатьи).

Правительство пĕлтерни Совет Союзĕнче водородлă бомбăна сăнаса пăхни çинчен.

М. Чернышев.— Чугун çул транспортĕнчи çĕнĕ техника.

В. Арсентьев.— Ача çурчĕсен ĕçне лайăхлатмалла.

Тырпул пухса кĕртнĕ çĕрте техникăпа туллин усă курассишĕн.

Урăх çĕршывсенчен, Совет Союзĕнчен тата республикăри вырăнсенчен килнĕ хыпарсем.

Редактор заместителĕ
М. Н. ЯКИМОВ.



# Ыйтусемпе ответсем

ЫЙТУ: Çĕр çинчи тĕрлĕ тăварсен сийĕсем мĕнле майпа пулнă?

В. Скворцов, Комсомольски районĕнчи Вутлан ялĕ.

ОТВЕТ: Тинĕссемпе океансене темĕн чухлĕ шывсем юхса пыраççĕ. Çав шывсенче ирĕлнĕ тĕрлĕ йышши тăварсем сахал мар пулаççĕ. Хĕвел ăшăтнипе тинĕсри шыв пăс пулса пĕрмаях çӳлелле хăпарать те, сывлăшпа хутшăнса ытти çĕрелле куçса каять. Вăл ăçта та пулсан çумăр тумламĕ пулса çĕре ӳкет. Тинĕсе юхнă тĕрлĕ тăварсем, тинĕс шывĕнчех тăрса юлнипе, тинĕс шывĕ тăварланнă çемĕн тăварланса пырать. Тинĕссенче çимелли тăвар çеç мар, ытти йышши тăварсем те пур. Çавăнпа та тинĕс шывĕ яланах тăварлă тата йӳçĕ пулать.

Кӳлĕсене шывсем юхса кĕреççĕ, унтан нисталла та юхса тухмаççĕ пулсан, çакăн йышши кӳлĕсенчи шыв та тăварлă пулать. Çакна астунипе эпир хăш кӳлĕн шывĕ тăварлă, хăшĕн тăварсăррине картта çине пăхсах пĕлме пултаратпăр.

Тинĕссем те, тинçĕрсем те улшăнсах пыраççĕ. Хальхи вăхăтра тинĕс сарăлса выртакан вырăнта тахçан авал тинçĕр, хальхи тинçĕр вырăнĕнче—ĕлĕк тинĕс тĕпĕ пулнă. Авал Каспи тинĕсĕ, Хура тинĕспе тата Çурçĕрти океанпа пĕрлешнĕскер, океанăн пайĕ пулнă. Вăл вăхăтра халĕ Чăваш республики йышăнакан вырăн пĕтĕмпех тинĕс тĕпĕнче выртнă. Халĕ Каспи тинĕсĕ нимĕнле океанпа та çыхăнса тăмасть. Ăна океанпа пĕрлештерекен вырăнта тинĕс тĕпĕ çӳлелле хăпарнă та, тинĕсрен питĕ пысăк кӳлĕ пулса юлнă. Малтан çак кӳлĕ хальхи Каспи тинĕсĕнчен чылай пысăкрах пулнă. Унта шывсем сахал юхса пынипе, вăл пĕчĕкленнĕçемĕн пĕчĕкленсе пынă. Тинĕсрен пăс пулса сывлăша каякан шыв юхса пыракан шывран чылай ытларах пулнă май, çак тинĕс пĕчĕкленсе пынă. Пăс пулса ытти çĕрелле каякан шыв юханшывсем тăрăх юхса пыракан шывпа танлашсан, Каспи тинĕсĕ пĕчĕкленме чарăннă. Тинĕс пĕчĕкленнĕ чухне унтан пĕчĕкрех кӳлĕсем тăрăлса юлнă. Çав кӳлĕсенчи шыв пĕтĕмпех пăс пулса сывлăша кайса пĕтнĕ. Шыври тăвар пăс пулса сывлăша кайса пĕтмен, вăл çавăнтах тăвар сийĕ пулса юлнă. Çак çиелте выртакан тăвар çине тусан çулран çулах ларса пынипе тăварлă сий çĕр айне пулнă. Халĕ те Каспи тата Аральски тинĕссем хĕррисенче пĕчĕк кӳлĕсем пур, вĕсем çулла чи шăрăх вăхăтра пĕтĕмпех типсе лараççĕ те, вĕсен тĕпĕнче шап-шурă тăвар курăнса выртать.

Çĕр айĕнчи хăшпĕр тăвар сийĕсем питĕ хулăн, хăш чухне тăвар сийĕсем патне илсе пыракан шахтăсем те чылай тарăн пулаççĕ.

Тинĕс шывĕнче ирĕлнĕ тăварсенчен тата углекислăй кальций текен тăвара асăнмалла. Ăна тинĕсре пурăнакан чĕрчунсем хăйсен организмне йышăнаççĕ, вăл вĕтĕ чĕрчунсен панцырь текеннине çитĕнтерме каять. Углекислăй кальций тинĕсри чĕрчунсен шăммине те кĕрет, шăмма хытарать. Панцырлă вĕтĕ чĕрчунсем çав панцырь ăшĕнче пурăнаççĕ. Панцырлă вĕтĕ чĕрчунсем вилсен те вĕсен панцырĕ çапах юлать, тинĕс тĕпне ӳкет. Панцырлă вĕтĕ чĕрчунсем питĕ хăвăрт ӳсеççĕ, часах ĕрчеççĕ, питĕ йышлă пулаççĕ. Çавăнпа темиçе çĕр пин çул иртсен тинĕс тĕпĕнче вĕтĕ чĕрчунсен панцырĕсенчен темĕн пысăкăш сăртсем çитĕнеççĕ. Çав панцырлă вĕтĕ чĕрчунсем тинĕсре ирĕлнĕ углекислăй кальций текеннине пĕр вырăна пухса сăртсем тăваççĕ темелле. Тинĕс тĕпĕ çӳлелле хăпарсан, вĕтĕ чĕрчунсен панцырĕсенчен ӳссе çитĕннĕ сăртсенчен тип çĕрте те известь сăрчĕсем пулаççĕ.

Сăмах май, мирабелит текен тăвар çинчен кăштах калăпăр. Каспи тинĕсĕнче Кара-Богаз заливĕ пур. Залива тинĕсрен тăварлă шыв юхса кĕрет, çанталăк яланах питĕ вĕри тăнă пирки, заливри шыв пăс пулса хăвăрт сывлăша каять. Кунти шыв тăварланнăçемĕн тăварланса пырать. Çавăнпа та кунта тинĕсрен лекнĕ пулăсем пĕтĕмпех вилсе пĕтеççĕ, ытлашши тăвар залив тĕпне ларса пырать. Хĕлле заливри шыв çителĕклĕ сивĕнсен, шывра ирĕлнĕ мирабелит текен тăвар залив тĕпне ларма тытăнать, залив хĕрне шыв хумĕсемпе тухса купаланать. Залив хĕрринче пухăннă мирабелита пухса кĕленче кантăк шăратса кăларакан заводсене ăсатаççĕ. Çулла шыв ăшăнса çитсен, мирабелит шывра ирĕлсе каллех залива юхса каять. Хăшпĕр вырăнсенче залив хĕрне тухса тулнă мирабелит çулла ирĕлсе пĕтеймест. Вара çакăн пек вырăнсенче мирабелит сийĕ пулса юлать. Çак мирабелит тăварĕнчен пулнă сийсем хулăн мар, çавăнпа вĕсене чавса кăларса усă курмаççĕ.

Ф. КУЗЬМИН.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00479 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20.000 экз.